ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 13 вырсарникун № 180 (9089)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паян—Танкистсен Кунĕ

Сывă пулччăр совет танкисчĕсемпе танк строителĕсем!
Сывă пулччăр совет халăхĕпе унăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем!
Сывă пултăр Совет Правительстви!
Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

## ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРŸ

### Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çинчен

Çак кунсенче Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ пулса иртнĕ.

Пленум СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен Н. С. Хрущев юлташăн докладне итлесе сÿтсе явнă тата тивĕçлĕ постановлени йышăннă.

Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма Н. С. Хрущев юлташа суйланă.

## Парти хуçалăхĕнче çирĕп йĕрке пулмалла

Пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас тĕлĕшпе тăракан аслă задачăсем партин пур организацийĕсенче те партилле-организацилле ĕçе малалла вăйлатса пыма хушаççĕ.

Парти хуçалăхĕ организацилле ĕçĕн пысăк участокĕ пулса тăрать. Парти райкомĕсен, хула комитечĕсен тата пуçламăш парторганизацисен ку тĕлĕшпе куллен ĕçлемелле. Парти хуçалăхне йĕркеллĕ тытса пырсан, коммунистсене тĕрĕс учета илсе пырсан кăна организацие лайăх ертсе пыма, кадрсене тĕрĕс вырнаçтарса тухса, воспитани пама пулать.

Парти организацийĕн составне тĕрĕс шута илсе пыни парти организацийĕсен пурнăçĕпе ĕçĕнче пысăк вырăнта тăрать. Вăл парти организацийĕн составĕнче хисеп тата пахалăх тĕлĕшпе пулакан улшăнусене тĕрĕсрех тĕпчеме, коммунистсене пĕлме, парти вăйĕсене вырнаçтарса тухма, партин кашни членĕн е кандидачĕн пултарулăхĕпе ĕçре усă курма май парать. Парти хуçалăхне тĕрĕс йĕркелени парти дисциплинине çирĕплетме, партин пĕтĕм ĕçне вăйлатма пулăшать.

Коммунистсене учета илнине тата парти хуçалăхне мĕнле йĕркеленине чылай райкомсенче тĕрĕслесе пăхни çакна кăтартса пачĕ: партин хăшпĕр райкомĕсен секретарĕсем çак ĕçе çителĕклĕ хаклаmаççĕ, коммунистсене учета илес ĕçе час-часах пĕчĕк ĕç вырăнне çеç хураççĕ, парторганизаци составĕнче пулакан улшăнусене ахаль кăна шута илсе пыраççĕ. Çавна пула коммунистсене учета илес ĕç япăхса кайнă, учет карточкисем шучĕ парти членĕсемпе кандидачĕсен чăн-чăн хисепĕпе килĕшсе тăмасть. Сăмахран, Улатăр районĕнчи парторганизацире 1949—1950 çулсенчех районтан тухса кайнă 17 коммунист юлашки вăхăтченех учетра тăнă. Пăрачкав районĕнчи парторганизацире 1948 çултах районтан кайнă членсемпе кандидатсем 16 çын учетра тăнă. Çавăн пек фактсем ытти парторганизацисенче те пур.

Çакă вăл парти райкомĕсем парти учетĕнчен кăларас йĕркене пăсниччен, коммунистсем пĕр организацирен тепĕр организацие куçас пирки панă заявленисене вăхăтра пăхса тухманнинчен килнĕ. Кунсăр пуçне партин районти тата хулари организацийĕсенче ытти çĕртен килнĕ, анчах учета илмен коммунистсем пур. Шупашкар хула комитетĕнче учета илмен коммунистсем 5 çын, Сĕнтĕр райкомĕнче—4 çын, Вăрмар райкомĕнче—4 çын пулнă. Партин Элĕк тата Йĕпреç райкомĕсенче партирен кăларнă çынсен тата вилнĕ коммунистсен учет карточкисене вăхăтра шутран кăлармаççĕ, çакă вара районти парторганизацире миçе коммунист тăнине тĕрĕс пĕлме чарса тăрать.

Партин хăшпĕр райкомĕсемпе хула комитечĕсем ытти организацисенчен килнĕ коммунистсене вăхăтра учета илмеççĕ, организацирен каякан коммунистсене алла открепительнăй талонсем памаççĕ, çавна пула уйрăм коммунистсем парторганизацирен уйрăлса каяççĕ.

Учета илес тата учетран кăларас ĕçе тĕрĕс туса пыманнипе килĕшме юрамасть, нĕншĕн тесен вăл политикăлла ĕç. Астăвас пулать, коммунистсене учета илмелли йĕркене пăснă çĕрте парти билетне ултавпа илнĕ е партирен кăларнă çынсем те организацие кĕрсе кайма пултараççĕ.

Парти учетĕнче парторганизаци составĕнче хисеп тĕлĕшпе кăна мар, пахалăх тĕлĕшпе пулакан улшăнусем те курăнса тăмалла. Çавăнпа та парти райкомĕсенче е хула комитечĕсенче учетра тăракан парти членĕсемпе кандидачĕсен учет карточкисем çине пур улшăнусене те çырса пымалла. Анчах партин чылай комитечĕсем çак требование пурнăçа кĕртсе пымаççĕ. Сăмахран, КПСС Муркаш райкомĕ кăçалхи малтанхи çур çулта пĕр учет карточки çине те нимĕнле улшăнусем те хушса çырман. Çак вăхăтра 81 коммунистăн ĕç енĕпе улшăнусем пулнă, 87 коммунистăн учет карточкисем çине наградăсем илни çинчен çырман. КПСС Канаш райкомĕнче те çавăн пекех.

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсенче коммунистсене учета илес ĕç пуçламăш парторганизацисенче çак ĕçе мĕнле туса пынинчен нумай килет. Калас пулать, партин хăшпĕр райкомĕсем пуçламăш парторганизаци секретарĕсене парти хуçалăхне лайăх тытса пыма кирли çинчен кăтартусем памаççĕ, учетра тăракан коммунистсен мĕнле улшăнусем пулнине пуçламăш организацисен составĕпе танлаштарса пăхмаççĕ, пулакан улшăнусене вăхăтра шута илмеççĕ. Пуçламăш парторганизацисем нумайăшĕ парти пухăвĕсенче учет ыйтăвĕсене сÿтсе явмаççĕ, парти организацинче пулнă улшăнусем çинчен коммунистсене пĕлтермеççĕ, учет йĕрки çинчен, пĕр организацирен тепĕр организацие куçмалли йĕркесем çинчен ăнлантарса памаççĕ.

Партин кашни членĕ Устав хушнисене лайăх астуса, вĕсене тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пырсан кăна, парти учечĕ тĕлĕшпе вăл хăйĕн обязанноçĕсене пĕлсе, вĕсене тĕрĕс пурнăçласа пырсан кăна парти учетне лайăх йĕркелеме пулать.

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен пуçламăш парторганизацисенче учет ĕçне мĕнле туса пынине куллен астуса тăмалла, парторганизаци секретарĕсене коммунистсене учета илес ĕçе йĕркелеме, учет тĕлĕшпе пулакан улшăнусене вăхăтра тĕрĕслесе тăма пулăшмалла; пуçламăш парторганизацисен пулакан улшăнусене учет карточки çине çырса хума парти райкомĕсемпе хула комитечĕсене вăхăтра пĕлтермелле.

Партин хăшпĕр райкомĕсем пуçламăш парторганизацисенче секретарьсем улшăннă чухне парти хуçалăхне парса хăварас ĕç çине тĕрĕс мар пăхни пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсем нумай чухне малтанхи секретарь çĕнĕрен суйланă секретаре парти хуçалăхне панă çĕрте пулма пуçламăш парторганизацисене хăйсен представителĕсене ямаççĕ. Çак çитменлĕхе пĕтермелле, пуçламăш парторганизацисене секретарьсем улшăннă чухне парти хуçалăхне парас-йышăнас тĕлĕшпе кăтартса панă йĕркене çирĕп тытса пымалла.

Партие çĕнĕрен илнĕ çынсене парти документчĕсене тĕрĕс çырса, вăхăтра пани пысăк вырăнта тăрать. Партие илнĕ çынсене парти документчĕсене партие илни çинчен йышăннă решение парти райкомĕ çирĕплетнĕ хыççăн вунă кунтан кая юлмасăр памалла. Анчах партие çĕнĕрен илнĕ çынсене райкомсем вăхăтра парти документчĕсем паманни çинчен калакан фактсем те сахал мар. Сăмахран, КПСС Канаш райкомĕ юлашки вăхăтра партие илнĕ 30 çынтан 3 çынна кăна парти документчĕсене вăхăтра панă.

Парти организацийĕсен коммунистсене хăйсен парти билечĕшĕн ответлă пулма воспитани памалла. Кашни коммунист çакна çирĕп астуса тăмалла: парти билетне сухатни пысăк сиен кÿрет, мĕншĕн тесен çав билетпа халăх тăшманĕ усă курма пултарать.

Парти хуçалăхне, коммунистсене учета илес ĕçе тĕрĕс йĕркелени парторганизацисенче партилле-организацилле, партилле-политикăлла ĕçе малалла вăйлатма май парать.

## КПСС Шупашкар хула организацийĕн XV-мĕш конференцийĕ

Ĕнер каçхине Чăваш государство академи театрĕнче КПСС Шупашкар хула организацийĕн XV-мĕш конференцийĕ уçăлчĕ.

Конференци президиум, секретариат тата мандатнăй комисси суйларĕ.

Конференци çакăн пек кун йĕрки йышăнчĕ:

1. КПСС Шупашкар хула комитечĕн отчечĕ;
2. Ревизи комиссин отчечĕ;
3. КПСС хула комитетне суйласси;
4. Ревизи комиссине суйласси.

КПСС хула комитечĕн ĕçĕсем çинчен хула комитечĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ, ревизи комиссийĕн ĕçĕсем çинчен ревизи комиссин председателĕ Ф. Барабанов юлташ докладсем туса пачĕç.

Докладсем тăрăх прenisем пуçланчĕç.

Паян конференци малалла ĕçлет.

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. МАЛЕНКОВ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацине йышăнни

Сентябрĕн 11-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацине—Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председательне Ким Ир Сена, Корейăри Ĕçлĕх Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Председатель Заместительне Пак Ден Ая, Министрсен Кабинечĕн Председатель Заместительне Тен Ир Лена, Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрне Нам Ира, Государство План Комиссийĕн Председательне Тен Дюн Тхяна, Чугун çулсен Министрне Ким Хэ Иле тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Совет Союзĕнчи Посолне Лим Хэне йышăннă.

Калаçусене Совет Союзĕ енчен çаксем хутшăннă: В. М. Молотов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, ССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи посолĕ С. П. Суздалев, ССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Суту-илÿ представителĕ П. И. Санун.

Калаçусене Китай Халăх Республикин ССР Союзĕнчи посолĕ Чжан Вэнь-тянь хутшăннă.

Калаçусем пĕр-пĕрне чĕререн ăнланнипе тата туслă иртнĕ.

## В. М. МОЛОТОВ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председательне Ким Ир Сена йышăнни

Сентябрĕн 11-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председательне Ким Ир Сена йышăннă.

Йышăнура Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Нам Ир тата ССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Посолĕ С. П. Суздалев пулнă.

## ССР Союзĕн Оборона Министрĕн ПРИКАЗĔ

*1953 çулхи сентябрĕн 13-мĕшĕ. № 81. Мускав хули.*

Юлташсем—танкистсемпе танк строителĕсем!

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем!

Юлташсем—офицерсем, генералсем, адмиралсем!

Паян Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ, пирĕн пĕтĕм халăхпа пĕрле, Танкистсен Кунне уявлаççĕ.

Сире Танкистсен Кунĕ ячĕпе саламласа сывлăх сунатăп.

Танкистсемпе танк строителĕсене пирĕн Совет государствин бронетанковăй тата механизированнăй çарĕсен боевой хăватне малалла тĕреклетес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума ырă сунатăп.

Танкистсен Кунĕ ячĕпе çапла приказ паратăп:

Паян, 1953 çулхи сентябрĕн 13-мĕшĕнче, пирĕн Тăван çĕршыв столицинче—Мускавра тата союзлă республикăсен столицисенче артиллерирен пĕр харăс çирĕм хут персе салют памалла.

Сывă пулччăр совет танкисчĕсемпе танк строителĕсем!

Сывă пулччăр совет халăхĕпе унăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем!

Сывă пултăр Совет Правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

*ССР Союзĕн Оборона Министрĕ*
*Совет Союзĕн Маршалĕ Н. А. БУЛГАНИН.*

## Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче

# Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пурнăçлас ĕç мĕнле пыни тата колхозсенче выльăхсене хĕл каçарма хатĕрленесси çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ нумай районсенчи совет, парти тата ялхуçалăх органĕсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана çителĕксĕр пурнăçланине палăртаççĕ. Республикăри чылай районсенче, колхозсенче выльăхсен йышне ÿстерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнман пирки, çуллахи вăхăтра, уйрăмах август уйăхĕнче, майракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсен шучĕ нумай чакнă, çакă вăл государство планне тултарас ĕçшĕн хăрушлăх пулса тăма пултарать. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне тултарас ĕç уйрăмах Октябрьски, Шăмăршă, Куславкка, Пăрачкав, Сĕнтĕрвăрри, Сĕнтĕр, Улатăр тата Тăвай районĕсенчи колхозсенче начар пырать.

Республикăри нумай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ, уйрăмах ĕнесен тата кайăк-кĕшĕк тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи колхозсем кăçалхи сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне сĕт суса илмелли плана пурĕ те 32,5 процент кăна, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи колхозсем — 38 процент, Советски тата Тăвай районĕсенчи колхозсем — 40,3 процент тултарнă.

Кунпа пĕрлех Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ колхозсенче выльăхсене хĕл каçарма хатĕрленес ĕç питех те çителĕксĕр пынине палăртаççĕ.

Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, нумай райисполкомсемпе КПСС райкомĕсем, колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисем иртнĕ çул выльăхсене начар хĕл каçарнинчен кирлĕ пек выводсем туман тата кăçал выльăхсене ăнăçлă хĕл каçармалла тума кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Республикăри нумай колхозсенче кăçалхи çул выльăх апачĕ хатĕрлемелли плана пĕтĕмпех тултарма лайăх майсем пулнипе усă курмаççĕ, уйрăм районсенче, çак ĕçе начар организациленипе, утă-улăм хатĕрлесси 1952 çулхинчен те начартарах пырать. Утă-улăм хатĕрлес тĕлĕшпе уйрăмах Шăмăршă, Тăвай, Çĕмĕрле, Çĕрпÿ тата Кувакино районĕсенчи колхозсем юлса пыраççĕ. Улатăр, Пăрачкав, Куславкка районĕсенче ку тарана çитсе те комбайнпа вырнă хыççăн юлнă улăм халĕ те уйра нумай выртать, пăсăлать. Чылай районсенче çарансене иккĕмĕш хут çулса утă тумалли майсемпе усă курмаççĕ. Силос хывас ĕç ытла та вăраххăн пырать, ку ĕçе уйрăмах Элĕк, Сĕнтĕрвăрри, Советски тата Етĕрне районĕсенчи колхозсенче начар тăваççĕ, унти колхозсенче 1953 çулхи сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне силос хывмалли плана 40 процентран та каярах тултарнă. Обществăлла выльăх-чĕрлĕхе çитерме тырă уйăрас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Республикăри чылай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх витисем тăвас тата вĕсене юсас ĕçе начар организациленĕ. Вăрнар, Шăмăршă тата Шăхасан районĕсенчи колхозсенче ку таранччен çĕнĕрен тумалла пуçланă выльăх-чĕрлĕх витисене пĕрне те туса пĕтермен, Канаш, Сĕнтĕрвăрри, Пăрачкав, Советски, Тăвай тата Вăрмар районĕсенчи колхозсенче витесем тумалли плана 10 процентран ытла тултараймаn. Хĕл вăхăчĕ çывхарса килет пулсан та, чылай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх витисене юсама тытăнман.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата колхозсем выльăхсене хĕл каçарма хатĕрлевес тĕлĕшпе çакăн пек япăх ĕçленине чăтмалла мар тесе, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăнаççĕ:

1. Райисполкомсене тата КПСС райкомĕсене обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме государство панă плана тултарас тĕлĕшпе колхозсенче ĕç мĕнле пынине халех пăхса тухма, выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк йышне ÿстерме государство панă плана кашни колхоз тăрăх 1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма кирлĕ ĕçсене тума хушас. Çав тĕллевпе колхозсен руководителĕсене, колхозсенчи парторганизацисене тата ял Совечĕсене колхозсенчи выльăх-чĕрлĕхе пурне те сыхласа усрама, уйрăмах çамрăк выльăхсене вилесрен сыхлама, выльăхсене салатса пĕтерессине чарма, плана тултарса çитереймен колхозсенче колхозниксенчен, рабочисемпе служащисенчен выльăх туянма хушас, çапла вара колхозсенчи фермăсенче выльăх-чĕрлĕх планпа пăхнă чухлĕ пултăр.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсене выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата унăн тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе социализмла ăмăртура илнĕ обязательствăсене пурнăçлама мобилизацилемелле. Çулталăк вĕçлениччен юлнă уйăхсенче, выльăх-чĕрлĕх валли сĕтеклĕ апат тата концентратсем ытларах пур чухне, ĕнесенчен сĕт ытларах суса илмелле тăвасси партипе совет организацийĕсен, ялхуçалăх органĕсен, колхоз руководителĕсен, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри специалистсен пысăк задачи пулса тăрать, тесе шутлас.

2. Партипе совет организацийĕсене, ялхуçалăх органĕсен, колхозсен, МТС-сен руководителĕсене выльăх апачĕ хатĕрлемелли плана кашни колхоз тултармалла тума мерăсем йышăнма хушас. Çапнă хыççăн тата комбайнпа вырса пухнă хыççăн юлнă улăма сентябрĕн 25-мĕшĕнчен кая юлмасăр пухса капана хывмалла. Йĕпе-сапа çанталăкра улăм ури тунă пулсан, улăма пăсăласран сыхласа хăварас тесе, ун çине тăвар сапмалла. Курăксене иккĕмĕш хут çулассине йĕркеллĕ туса иртмелле. Силос хывмалли плана тултармалла, силос хывма курăксемпе, çĕрулми аврипе, тымарçимĕçпе тата пахча çимĕç культурисен каяшĕсемпе усă курмалла. Хатĕрлесе хунă выльăх апатне тĕплĕн висçе хумалла, приходла илмелле тата йăлтах сыхласа усрамалла, ăна сыхлама ответлă çынсем уйăрмалла, выльăх апатне тĕрĕс расходланине çирĕппĕн асăрхаса тăмалла.

Çĕрулмине тата выльăх апачĕ тума аканă тымарçимĕç культурисене хăвăрт пухса кĕртме мерăсем йышăнмалла, вĕсене обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли кирлĕ чухлĕ уйăрса хумалла.

Улăм пухса хурас, курăксене иккĕмĕш хут çулса пухас, çĕрулми кăларас ĕçсене хăвăртрах туса иртерес тесе, выльăх-чĕрлĕх апачĕ хатĕрленĕ çĕрте ĕçлекен колхозниксемпе ытти çынсене хавхалантарма правительство кăтартса панисене пурнăçласа пымалла.

3. Колхоз председателĕсене, колхозсенчи парторганизацисен секретарĕсене тата ял Совечĕсене выльăх чĕрлĕх витисем тумалли тата юсамалли плана пурнăçлама колхозсен пĕтĕм вăйне мобилизацилеме хушас, çапла вара выльăх-чĕрлĕх витисене октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпех хĕле хатĕрлесе çитермелле. Пĕтĕм выльăх-чĕрлĕхе тата чăх-чĕпе лайăх юсаса ăшăтнă çуртсенче вырнаçтармалла. Выльăхсене шăвармалли вырăнсем хатĕрлесе хумалла, фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилемелли плана пурнăçлама тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла. Выльăх апачĕсене тураса вĕтетмелли тата çемçетсе хатĕрлекен машинăсене вăхăтра вырнаçтарса лартмалла. Топливо çителĕклĕ хатĕрлесе хумалла.

Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсен выльăх-чĕрлĕх витисене хĕле хатĕрлесе çитерес ĕçе куллен тĕрĕслесе тăмалла, колхозсене çĕнĕ витесем тăвас ĕçе хăвăртлатма тата кивĕ витесене юсас ĕçе вăхăтра пурнăçлама пур майсемпе те пулăшмалла.

4. Колхоз правленийĕсене выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлеме çитес кунсенчех лайăх ĕçлекен колхозниксене кирлĕ чухлĕ уйăрса пама, хĕллехи вăхăтра фермăсенче ĕçлекен кадрсене пулăшма çынсем хушса уйăрса пама, выльăхсене пăхас ĕçри обезличкăна пĕтерме, колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем хушшинче дисциплинăна çирĕплетме хушас.

5. Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсене çак çулхи октябрĕн 15-мĕшĕччен çак ĕçсене тума хушас: КПСС райкомĕсен бюро членĕсенчен, райсовет исполкомĕн членĕсенчен тата зоотехникăпа ветеринари работникĕсенчен государство комиссийĕсем уйăрса, выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма мĕнле хатĕрленнине кашни колхоз тăрăх тĕрĕслесе йышăнмалла. Тĕрĕслÿ итогĕсене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче сÿтсе явмалла. Пĕтĕм районта ĕç мĕнле пыни çинчен райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсен бюровĕсен ларăвĕсенче сÿтсе явмалла, выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарма кирлĕ ĕçсене тумалла.

6. Республикăри тата районсенчи хаçатсен редакцийĕсене колхозсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма мĕнле хатĕрленни çинчен тăтăшах çутатма, çак пысăк ĕçри çитменлĕхсене палăртма, выльăхсене лайăх хĕл каçарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнман партипе совет организацийĕсен, ялхуçалăх органĕсен, колхозсемпе МТС-сен руководителĕсене хытă критиклеме хушас.

## ЯЛТИ МАГАЗИНТА

Хастарлă ĕçлерĕç Кольцовкăри колхозниксем кăçал, тухăçлă тырпул пăхса çитĕнтерчĕç, ăна пĕр тăвансăр пухса кĕртрĕç. Вĕсем халĕ, ĕçкунĕсем тăрăх аванс шучĕпе тупăнисем валеçнĕ хыççăн, илемлĕ сĕтел-пукан, музыка инструменчĕсем, патефонсем тата ытти кирлĕ япаласем нумай туянаççĕ.

Магазинта таварсем нумай. Кунта тĕрлĕ пир-авăр, кĕпе-тумтир, атă-пушмак, хуçалăхра кирлĕ таварсем, кĕнекесемпе çырмалли хатĕрсем, сĕтел-пукан туянма пулать. Таварсен ассортименчĕ уйăхран-уйăха ÿссе пырать.

Эпир Ефим Васильевич кăçал мĕнле япаласем илнине шутласа пăхрăмăр. Унăн ултă çынлă çемйи ялти магазинтан кăна 3.500 тенкĕлĕх ытла тĕрлĕрен таварсем илнĕ. Вăл шутра—велосипед, хĕлле тăхăнмалли пальто, çĕвĕ çĕлемелли машина, костюм çĕлемелли материал тата ытти те. Ытти колхозниксен çемйисем те тĕрлĕрен япаласем нумай илнĕ.

Колхозăн обществăлла хуçалăхĕ ÿснĕ май, колхозниксен пурнăçĕ куллен пуянланать. Колхозниксемпе ялти интеллигенци кăçал 52 кровать, çĕвĕ çĕлемелли 26 машина, 38 велосипед, 12 радиоприемник, икĕ мотоцикл, икĕ аккордеон тата ытти япаласем нумай илнĕ. Магазин кăçалхи сакăр уйăхра 340 пин тенкĕлĕх тавар сутнă.

Партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн куллен тăрăшаççĕ. Çывăх вăхăтрах колхозниксем хăйсене мĕн кирлине ялти магазинтах туянма пултарĕç.

Н. ЛЕОНИДОВ.

## Автомашина туяннă

ÇĔРПŸ. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне çулсерен ÿстерсе пынипе пĕрлех, унăн тухăçлăхне те хăпартса пырать. Кăçал дояркăсем кашни ĕнерен 1.400 литр сĕт суса илме обязательство илнĕ. Çакна вĕсем пурнăçланă.

Колхоз государство умĕнчи обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пырать. Иртнĕ çулта планран ирттерсе государствăна сĕт сутса «ГАЗ-51» автомашина туяннă. Çак кунсенче колхоз грузсем турттармалли тепĕр машина илсе килчĕ. Ăна та сĕт сутса илнĕ.

Х. ЛИСИН.

## ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

# Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ И. А. АФАНАСЬЕВ депутат каланă сăмах

Депутат юлташсем! СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисене тата сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ каланă сăмаха совет халăхĕ чунтан-чĕререн ырласа йышăнчĕ. Сесси йышăннă решенисенче тата Г. М. Маленков юлташ каланă сăмахра Совет государствин шалти пурнăçĕ енĕпе, çавăн пекех тулашри политика енĕпе те умра тăракан пысăк задачăсене палăртса панă.

Халех пурнăçа кĕртмелли задача çакăн пек,—тесе каларĕ хăйĕн сăмахĕнче Г. М. Маленков юлташ,—ик-виçĕ çул хушшинче халăха апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем — аш-какайпа ашкакай продукчĕсем, пулăпа пулă продукчĕсем, çу, сахăр, кондитер таварĕсем, пир-авăр, тумтир, атă-пушмак, савăт-сапа, сĕтел-пукан тата культурăпа йăлара кирлĕ япаласемпе килте кирлĕ ытти япаласем парса тăрассине татăклăнах ÿстермелле, халăха кирлĕ пур таварсене те чылай ытларах туса кăлармалла.

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви юлашки вăхăтра çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне малалла хăвăрт аталантарма, ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатса ыйма кирлĕ ĕçсене турĕç. Çав ĕçсене пурнăçлани халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культуралла шайне часах ÿстерме май парĕ.

Ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă çĕнĕ закон тăрăх, кăçал пирĕн республикăра ялхуçалăх налогĕн сумми 42.708 пин тенкĕ чакать, 1954 çулта вара 2,5 хут чакмалла. Кăçалхи çул республикăри ĕçсыннисем заем 61.600 пин тенкĕ сахалрах çырăнса илнĕ, ялти ĕçсыннисем иртнĕ çулта 31,5 миллион тенкĕлĕх заем çырăнса илнĕ пулсан, кăçал 9.200 пин тенкĕлĕх çырăнса илнĕ.

Кăçалхи август уйăхĕнче СССР Министрĕсен Совечĕ «Чăваш АССР-ĕн ялхуçалăхне пулăшасси çинчен» постановлени йышăнчĕ. Çав постановлени тăрăх государствăна ялхуçалăх продукчĕсем парас тĕлĕшпе иртнĕ çулсенчен юлнă парăмсене колхозсенчен тата уйрăм çынсенчен те шыраса илмелле мар тунă, колхозсен хуçалăхне малалла вăйлатма, колхозниксен пурнăçне лайăхлатма кирлĕ ĕçсене тума палăртнă.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, сĕрулмипе пахча çимĕç акса тăвас ĕçе вăйлатса пыма колхозсемпе колхозниксене экономика тĕлĕшĕнчен ытларах интереслентерес тесе, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, сĕрулми тата пахча çимĕçсем хатĕрлемелли хака чылай ÿстерессi çинчен партипе правительство постановлени йышăнчĕç.

Партипе правительство, халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне ÿстерме тăрăшса, ялхуçалăхне, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне малалла вăйлатма туса пыракан ĕçсем пĕтĕм совет çыннисене ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарассĕ, вĕсен политикăлла активлăхне тата ĕçри хастарлăхне ÿстерессĕ.

Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕн проекчĕ, хамăр республикăн Верховнăй Совечĕнче пăхса тухма тăратнă проект, халăх хуçалăхĕн 1953 çулхи планĕ тăрăх палăртнă мĕнпур ĕçсене тума укçа-тенкĕ çителĕклĕ парса тăма май парать.

Чăваш АССР бюджетĕнче социализмла хуçалăхран пухăнакан тупăшсем ÿсмелле, çав вăхăтрах халăхран укçа-тенкĕ пухасси чакмалла тунă. Республикăн иртнĕ çулхи бюджетĕнче социализмла хуçалăхран пухăнакан тупăшсем 60 процент пулнă пулсан, кăçал 74 процент пулаççĕ, çак тупăшсем 58,7 миллион тенкĕ чухлĕ ÿсеççĕ.

Халăхран государство налогĕсем пухни бюджет тупăшĕсенче 20 процент çеç йышăнать.

Пирĕн бюджетăн никĕсĕ республикăн йĕнăçлă аталанса пыракан халăх хуçалăхĕн тупăшĕсем пулса тăраççĕ.

Чăваш АССР-ĕнчи органсене пăхăнса тăракан государство промышленноçĕпе кооперации промышленноçĕ 1953 çулта плана йĕнăçлă тултарса пырать. Вăл кăçалхи пĕррремĕш çур çулта плана 103,7 процент тултарнă, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, продукци 18,6 процент ытларах туса кăларнă. Анчах государство тата кооперации промышленноçĕн ĕçĕнче халĕ те пысăк çитменлĕхсем пурха. Нумай предприятисем плана тăтăшах тултарса пымаççĕ. Хамăр республикăри тата районсенчи органсене пăхăнса тăракан 348 предприятирен кăçалхи пĕрремĕш çур çулта 122 предприяти çеç плана тултарнă. Нумай предприятисем çур çулхи плана тултарман пирки продукци 11.115 пин тенкĕлĕх парса çитереймен. Производство планне продукци ассортименчĕ енĕпе пурнăçласси уйрăмах питĕ çителĕксĕр пулса пырать. Нумай промышленность предприятийĕсен руководителĕсем продукцин хăйне ларакан хакне чакарас, ĕç тухăçлăхне ÿстерес ыйтусем çине тимсĕр пăхаççĕ, çавна пула предприятисем убыток тÿсеççĕ. 1952 çулта промышленность предприятийĕсем, хуçасăрлăх пулнă пирки, пĕтĕмпе 6.700 пин тенкĕ убыток тÿснĕ. Вырăнти тата кооперации промышленноçĕн нумай предприятийĕсем япăх продукци туса кăлараççĕ.

Вырăнти тата кооперации промышленность предприятийĕсен пысăк задачи халăха атă-пушмак, тумтир, сĕтел-пукан, сехетсем, патефонсем, радиоприемниксем тата ыттисем те юсаса парас тĕлĕшпе ĕçлесси пулать. Анчах промышленность предприятийĕсен руководителĕсем çак ĕç çине кирлĕ пек пăхмаççĕ.

Промысла кооперацийĕн, Вырăнти тата топливо промышленность министерствин руководителĕсем халăха пулкен пăрлĕ япаласене юсаса парасси чи кайран тумалли ĕç пулать, тесе шутлаççĕ. Савăнна йнтĕ халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Сăмахран, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн поселокĕнче атă-пушмак юсакан мастерской пур. Çав мастерскойра иртнĕ хĕлле заказчиксене материал илсе пырсан çес çăматă тĕпĕ хурса панă. Анчах ытти пулать, пир-авăр комбинатĕнче е строительствăра ĕçлекен рабочин çăмата тĕппе хума стелька ăстан тупса илмелле-ха? Хулари промкомбинатăн çăмата йăвалакан фабрика пур, мĕншĕн-ха вăл стелькăсем туса кăлармасть? Асăннă мастерскойра час-часах çип тата йывăç шпилька та пулмасть. Кун пек мастерскойа ĕçсыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен мастерской тесе калама пулатьши вара?

«Красный мебельщик» артель мастерскойĕн сĕтел-пукан хума склад çук. Юсама илсе ыйнă сĕтел-пукан мастерской килкартинче выртать, çулла çумăр айĕнче, хĕлле юр айне пулса пăсăлать. Паллах ĕнтĕ, çавна куракан çын лайăх сĕтел-пукана мастерскоя илсе пымасть. Мастерской çуртĕнче таса мар, хĕлле сивĕ, ĕçпе пыракан çынсем валли нимĕнле услови те çук. Ку мастерскойра ĕçпе пыракансемпе шăртланса калаçнисем те пулаççĕ.

Вырăнти тата топливо промышленность министрĕн Бобров юлташăн, Промсовет председателĕн Маклашкин юлташăн предприятисен руководителĕсене халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтересси çине тимлĕрех пăхтарас пулать. Тумтирпе атă-пушмак юсас ĕçе лайăх йĕркелени кирлĕ. Халăха тĕрлĕрен япаласем юсаса паракан мастерскойсенче ĕçлеме чи лайăх мастерсем уйăрмалла, лайăх материалсем уйăрса памалла.

Партипе правительство халăха кирлĕ япаласем нумайрах туса кăларма кирлĕ ĕçсене тăваççĕ. Анчах çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне хăвăрт аталантарма чи малтан ялхуçалăхне вăйлатас пулать, вăл халăха апат-çимĕç, промышленноçа чĕртавар парса тăрать.

Партипе правительство куллен-кун пулăшса пынипе пирĕн республикăн ялхуçалăхĕ хăшпĕр çитĕнÿсем турĕ. Ялхуçалăх ĕçĕсене механизацилени ÿсрĕ, колхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕ хушăнчĕ. Республикăри колхозсен пайлăнман фончĕсем 1952 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 30 процент ÿсрĕç.

Малалла И. А. Афанасьев депутат республикăн ялхуçалăхне аталантарас ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртать тата Чăваш республикинчи ялхуçалăх ĕçченĕсем умĕнче кăçалхи ялхуçалăх çулне йĕнăçлă вĕçлес, государствăна ялхуçалăх продукчĕсем парас, общественлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл касарма хатĕрленес тĕлĕшпе тăракан задачăсем çинчен калать.

Хальхи вăхăтра, тет малалла И. А. Афанасьев депутат, халăха кирлĕ таварсем пĕр татăксăр пулччăр тесе, суту-илÿ организацийĕсен пысăк тимлĕхпе ĕçлемелле.

Партипе правительство таварсен ваккăн сутмалли хакĕсене улттăмĕш хут йÿнетнĕ хыççăн совет суту-илĕвĕ тата ытларах сарăлчĕ. Кăçалхи пĕрремĕш çур çулта, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, пирĕн республикăра тавар çаврăнăшĕ 20 процента яхăн ÿсрĕ. Чăвашторг, Столовăйсемпе ресторансен тресчĕ, Чăвашпотребсоюз, Вăрмапа хут промышленность министерствин УРС-ĕ малтанхи хут таварçаврăнăш планне тултарчĕç.

Анчах Суту-илÿ министерствипе Чăвашпотребсоюз ĕçĕнче халĕ те пысăк çитменлĕхсем пур. Суту-илÿ организацийĕсем халăха мĕнле таварсем кирлине тĕплĕн пĕлмеççĕ, япăх, кайман таварсем кÿрсе килеççĕ, çав вăхăтрах хăшлĕр таварсем çитмеççĕ. Суту-илÿ министерствипе сăкăр тресчĕ сăкăрпа суту-илÿ тăвассине кирлĕ пек йĕркелемен. Сăкăр завочĕсенче хатĕр продукця нумай выртнă вăхăтрах магазинсенче сăкăр çитменни те час-часах пулать. Пирĕн сĕршывра кĕпе çумалли супăнь çителĕклĕ, çапла пулин те Суту-илÿ министерстви хуласемпе районсенчи халăха валли пĕр вăхăтра супăнь çителĕклĕ парса тăраймарĕ. Магазинсемпе лавккасенче тавар, шăрпăк çителĕклĕ пулманни те тĕл пулать.

Иртнĕ хĕлле тата çуркунне суту-илÿ организацийĕсен руководителĕсем Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине пахча çимĕçсем çителĕклĕ акса тумашăн тивĕçлипе ÿпкелешрĕç. Кăçал колхозсем пахча çимĕç нумай пухса кĕртнĕ, анчах Чебторгпа Чăвашсоюз пахча çимĕç илмеççĕ, вĕсем пахча çимĕçпе суту-илÿ тăвасшăн мар. Шупашкар районĕнчи Чкалов ячĕпе тăракан колхоз Чебторга 20 тонна помидор сĕннĕ. Анчах Чебторг 6 тонна çеç илнĕ, тирпейлеме пултараймастпăр тесе, ытти помидорне йышăнман. Торгсен те, Чăвашпотребсоюзăн хатĕрлев кантурĕн те пахча çимĕçсене усрамалли вырăнсем тата катка-пичке çителĕксĕр. Савна пула, пахча çимĕç нумай пулин те, вĕсем хĕллехи вăхăтра сутма хатĕрлесе хума пултараймаççĕ. Столовăйсемпе ресторансен тресчĕ хăйĕн предприятийĕсене салат, пахча çимĕç апачĕ хатĕрлесе сутма, аш-какай апачĕпе пĕрле хăяр е помидор пама кăтарту памасть. Малышев юлташпа Валашов юлташсен пахча çимĕç хатĕрлес тата пахча çимĕçпе суту-илÿ тăвас ĕçре йĕрке туса çитермелле. Хальхи вăхăтра хуласенчи рабочисемпе служащисен пахча çимĕçсем пасарта çеç илеççĕ. Малашне кун пек пулмалла мар, суту-илÿ организацийĕсен халăха валли пахча çимĕç çителĕклĕ хатĕрлесе сутас пулать. Пахча çимĕçпе суту-илÿ тăвас ĕçе хăйне йăлтăх ÿстермелле, çĕр пахча çимĕçне хыт ÿстермелле, çĕр пахча çимĕçне хатĕрлекен усăмалла.

Суту-илÿ министерстви пĕрремĕш çур çулта финанспа хуçалăх ĕçĕсене çителĕксĕр туса пынă. Вăл, тавар çаврăнăшĕн планне тултарнă пулин те, бюджет умĕнчи обязательствăсене пурнăçламасть. Усламран уйăрса паракан тупăшпа бюджета 1.126 пин тенкĕ парса çитермен. Ку вăл накоплени тумалли плана 73 процент çеç тултарнинчен килнĕ. Суту-илÿ ĕçĕнче ытлашши тăкак 670 пин тенкĕ пулнă. Сухатусем тата брак ытла та нумай. Ытти организацисенчен шыраса илмелли укçа 2.091 пин тенкĕ çитнĕ. Суту-илÿ организацийĕсенче çирĕп йĕрке тумалла, вырăнсăр тăкаксене пĕтермелле, ытти организацисенчен илмеллине шыраса илмелле, бюджет умĕнчи обязательствăсене пурнăçламалла.

Халăх пурнăçне малалла лайăхлатас ĕçре пурăнмалли çуртсем туни, медицина енĕпе пулăшассине лайăхлатни, шкулсемпе ача-пăча учрежденийĕсем ытларах уçни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Кăçал Шупашкар хулинче республикăри больница çуртне тата виçĕ районта больница çурчĕсене тăваççĕ. Анчах «Чăвашстрой» трест больницăн терапи корпусне питĕ вăрахăн тăвать. Тăвай тата Вăрмар райисполкомĕсем больницасем тăвас ĕçе япăх ертсе пыраççĕ. Куприянов юлташăн, çавăн пекех райисполком председателĕсен Павловпа Березнев юлташсен больницасен строительствине пур майсемпе те хăвăртлатас пулать. Халăха медицина енĕпе пулăшас, пуринчен ытла трахомăран сыватас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Трахомăран сыватас тĕлĕшпе трахоматознăй сестрасем, районсенчи кус тухтăрĕсем тата ял Советсен председателĕсем çеç ĕçлеççĕ, медицина работникĕсен пысăк коллективĕнчи ытти юлташсем çак ĕçрен пăрăнса тăраççĕ. Сывлăх министрĕн Ефимова юлташăн ку ĕçри çитменлĕхе пĕтермелле, мĕнпур врачсемпе медицина сестрисене трахомăран сыватас ĕçе хутшăнтармалла.

Кăçал больницăсенче чирлĕ çынсене апат çитермелли нормăна ÿстернĕ. СССР Министрĕсен Совечĕ больницасем валли инвентарь туянма укçа хушса уйăрса панă. Çак укçа-тенкĕпе тирпейлĕ усă курмалла, мĕнпур больницасемпе врач пункчĕсем валли инвентарь çителĕклĕ туянмалла.

Пурăнмалли çуртсемпе культурăпа йăла учрежденийĕсем валли çуртсем тăвас тата çуртсене тĕпрен юсас ĕçе нумай лайăхлатмалла. Ку ĕçсене тума кăçал 16.200 пин тенкĕ уйăрса панă. Çак укçапа лайăх, тирпейлĕ усă курас пулать.

Пирĕн республикăри коммунальнăй предприятисен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Пурăнмалли çуртсемпе коммунальнăй предприятисене юсама бюджетран уйăрса панă укçапа пĕтĕмпех усă курмаççĕ.

Коммунальнăй хуçалăх министерстви хуласене юсаса лайăхлатас, электростанцисен хăватне ÿстерес, электричество линийĕсене çĕнетес, мунчасен, прачечнăйсен, парикмахерскисен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет. Урамсене чул тата асфальт сарас ĕç питĕ çителĕксĕр пулса пырать.

Коммунальнăй хуçалăх министрĕн Волков юлташăн коммунальнăй предприятисене ертсе пырас ĕçе лайăхлатмалла, хуласенче благоустройство ĕçне вăйлатмалла тата санитари енĕпе йĕркене кĕртсе çитермелле.

Депутат юлташсем! Республикăн Министрĕсен Совечĕн, министерствăсемпе управленисен ĕçĕнче пысăк йăнăшсемпе çитменлĕхсем пулнă. Çав çитменлĕхсене пĕтерме, партипе правительство пирĕн умма кăларса тăратнă задачăсене йĕнăçлă пурнăçлама Министрсен Совечĕн, министерствăсен тата вырăнти Советсен хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырассине лайăхлатмалла. Министерствăсемпе ведомствăсен, вырăнсенчи Совет органĕсен хушнă ĕçе пурнăçласшăн кашни работникăн ответлăхне ÿстермелле, ĕçре пуçарулă пулмалла, партипе правительство решенийĕсене, çавăн пекех хăйсем йышăннă решенисене те пурнăçланине пĕрмаях тĕрĕслесе тăмалла.

Хуçалăх строительствин пур участокĕсенче те ĕçе лайăхлатса пыни тата финанс дисциплинине çирĕплетни кирлĕ.

Верховнăй Советăн çак сессийĕнче нумай депутатсем республикăн Министрĕсен Совечĕн, Суту-илÿ, Коммунальнăй хуçалăх, Вырăнти тата топливо промышленность, Сывлăх, Çутĕç министерствисен ĕçне тĕрĕс критиклерĕç. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ депутатсем критиклесе каланисене тата панă сĕнÿсене шута илĕ, хăйĕн ĕçне, çавăн пекех министерствăсемпе управленисен ĕçне лайăхлатма тăрăшĕ. Министерствăсемпе управленисен руководителĕсен те критиклесе каланинчен тивĕçлĕ выводсем туса, çитменлĕхсене пĕтерме, пĕтĕм ĕçе лайăхлатса яма тăрăшмалла.

Депутат юлташсем! Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕн проектне пурте пĕр шухăшлă пулса ырлани çак бюджет хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсене, республика умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлама май панине кăтартать.

Чăваш АССР-ĕнчи ĕçсыннисем, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе, халăх хуçалăхне аталантармалли государство планне йĕнăçлă пурнăçлассишĕн вăй шеллемесĕр ĕçлĕç, çапла вара, советлĕ Тăван çĕршывăн хăватне çирĕплетсе пыма пулăшĕç.




Е. Малолеткова художник плакачĕ. Государствăн изобразительнăй искусство издательстви пичетлесе кăларнă. (ТАСС фотохроники).

# Совет танкисчĕсен мухтавлă çулĕ

Паян пирĕн халăх, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Вăйĕсен воинĕсем Танкистсен кунне уявлаççĕ. Бронетанковăй тата механизациленĕ çарсем уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем Аслă Отечественнăй вăрçăра паттăрла çапăçрĕç. Çавăн пекех танк строителĕсем Совет Çарне бронетанковăй техника парса тăрас тĕлĕшпе чаплă ĕçсем тăваççĕ. Çаксене пурне те шута илсе, çичĕ çул каялла СССР Верховнăй Совет Президиумĕ кашни çулах Танкистсен кунне ирттерме йышăннă.

Совет çĕршывĕнче бронетанковăй çарсем тата танксем тума граждан вăрçи вăхăтĕнче пуçланă. 1920 çулта В. И. Ленин хушнипе «Красное Сормово» завод чи малтанхи хут танксем туса кăларнă. Çав танксемпе ют çĕршыв интервенчĕсене тата белогвардеецсене хирĕç йĕнăçлă çапăçнă. Граждан вăрçи вăхăтĕнче тунă бронетанковăй çар чаçĕсем пирĕн çарăн çĕрешÿри пултарулăхне чылай вăйлатнă, тăшмана çĕнтерме пулăшнă.

Граждан вăрçи вăхăтĕнчи опыт бронетанковăй тата механизациленĕ çарсене организацилеме тата çав çарсемпе вăрçăра усă курма вĕрентекен теорие хатĕрлемелли никĕс пулса тăнă.

Граждан вăрçи хыççăн совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, халăх хуçалăхне, интервентсемпе белогвардеецсем аркатса хăварнă хуçалăха юсама тытăннă.

Çĕршыва индустриализацилес тата ялхуçалăхне коллективизацилес политикăна пурнăçа кĕртнипе Совет Союзĕ индустриллĕ-колхозлă хăватлă держава пулса тăчĕ.

Вăрçă умĕнхи çулсенче Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви хамăр çĕршывăн оборона тĕлĕшĕнчи вăй-хăватне тĕреклетессишĕн хытă тăрăшрĕç, пур йышши çарсене те, çав шутра бронетанковăй тата механизациленĕ çарсене те вăйлатас ĕç çине тимлĕ пăхрĕç.

Аслă Отечественнăй вăрçă пуçланас умĕн пирĕн çĕршывăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен тĕнчери чи лайăх танксем тата самоходнăй орудисем пулнă, çавăн пекех тата танкистсене лайăх вĕрентсе хатĕрленĕ, советлă Тăван çĕршыва чун-чĕререн парăнса тăракан кадрсем ÿссе çитĕннĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçă совет халăхĕшĕн тата унăн çарĕшĕн питех те пысăк тĕрĕслев пулчĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви чĕннипе пирĕн нумай миллионлă пĕтĕм халăх хамăрăн Тăван çĕршыва сыхлама çĕкленчĕ. Фашистла захватчиксене хирĕç кĕрешме пĕтĕм халăха Коммунистсен партийĕ хавхалантарса тата организацилесе пычĕ, совет халăхĕн пĕтĕм вăйне, çĕршывăн мĕнпур материальнăй вăйне тата ăсхакăлне тăшмана аркатса тăкма пăхăнтарчĕ.

Вăрçăн малтанхи тапхăрĕнче Совет Çарĕ, стратегилле оборонăра хастарлă çапăçса, тăшман вăйĕсене нумай пĕтерчĕ, наступление куçма условисем хатĕрлерĕ. Пĕр вăхăтра тăшманăн танксем пирĕннинчен нумайрах пулнă пулсан та, совет танкисчĕсем, ытти йышши çарсен воинĕсемпе пĕрле, нимĕçсен фашистла çарĕсене хирĕç хытă çапăçрĕç, тăшмана хирĕç хăюллăн çапăçса, ăна малалла тапăнса кĕме чарса тăчĕç. Хаяр çапăçусенче пирĕн танклă чаçсем совет çĕршывĕн кашни утăмне хÿтĕлеме тăрăшрĕç, тăшман салтакĕсемпе техникине пĕтерсе пычĕç, захватчиксене хирĕç тапăнса хăватлăн пыра-пыра çапрĕç. Совет Çарĕ Мускав патĕнчи çапăçура тăшмана малалла килсе кĕме чарчĕ, унтан контрнаступлени пуçласа, тăшмана пĕтĕмпех çапса аркатма тытăнчĕ. Мускав патĕнчи уй-хирсенчи çапăçусем Гитлер çарне никам та çĕнтерме пултараймани çинчен çÿрекен суя халапа пĕтĕмпех сирсе ячĕç; стратегилле пуçарулăх Совет Союзĕн командованийĕ аллине куçрĕ.

Совет танкисчĕсем Сталинград патĕнчи çапăçура хăйсен ăсталăхне, çапăçма лайăх пĕлнине кăтартрĕç. Сталинград патĕнчи çапăçу мĕнпур йышши çарсем пĕр-пĕрне лайăх пулăшса çапăçнин, тăшмана хупăрласа илсе аркатса тăкма вăйлăн пыра-пыра çапас ĕçре танклă тата механизациленĕ çар соединенийĕсемпе чаплăн усă курнин тĕслĕхĕ пулчĕ.

Пирĕн çарсем кĕске вăхăт хушшинчех Сталинградран çурçĕр-хĕвеланăçĕнче тата кăнтăр енче тăшман оборонине çĕмĕрчĕç, Калач хули патнелле хăвăрт малалла кайса пычĕç. Тепĕр пилĕк кунтан танклă тата механизациленĕ соединенисем, пехотăпа, артиллерипе, авиацие пĕрле, нимĕçсен фашистла çарĕсен 330 пин çынлă ушкăнĕсене хупăрларĕç. Тăшмана хупăрланă çĕрте çапăçнă танклă тата механизациленĕ соединенисем нумайăшĕ гварди ячĕсене илчĕç.

1943 çулта çулла Курск патĕнче çапăçусем пуçланчĕç. Ку çапăçусем совет хĕçпăшалĕ пысăк çĕнтерÿ тунипе вĕçленчĕç. Курск патĕнче пĕтĕмпе икĕ енĕн 10 пин танкĕ çапăçăва хутшăнчĕ. Курск патĕнчи оборонăри çапăçусенче Совет Çарĕсем çĕнтернипе контрнаступление татăклăнах куçма условисем лайăхланчĕç, тепĕр задачăна—тăшманăн Орел патĕнчи, Белгородпа Харьков патĕнчи çар ушкăнĕсене пĕтĕмпех аркатса тăкас задачăна пурнăçлама, контрнаступление куçма май килчĕ. Çак плана пурнăçланă çĕрте бронетанковăй тата механизациленĕ соединенисем пысăк пĕлтерĕшлĕ задачăсене татса пачĕç. Вĕсем пирĕн çарсен ударнăй чаçĕсем пулчĕç.

Курск патĕнчи çапăçусем пирĕн бронетанковăй тата механизациленĕ çарсен пултарулăхĕ ÿснине, вĕсем пехотăпа, артиллерипе, авиацие, саперсемпе пĕрле питех те кăткăс тата ответлă задачăсене пурнăçлама пултарнине кăтартса пачĕç. Курск патĕнчи çапăçусем пĕр уйăх пычĕç. Ку çапăçусем вăхăтĕнче совет воинĕсем тăшманăн танкĕсемпе самоходнăй орудийĕсене 4.600 таран пĕтерчĕç.

Танклă тата механизациленĕ çарсем Днепр урлă йĕнăçлă каçрĕç, çапла вара танксем анлă шывсем урлă та каçма пултарнине кăтартса пачĕç.

Совет Çарĕсем вунă хутчен тăшмана аркатса тăкмалла пырса çапнă чухне пирĕн командовани тĕрлĕ майсемпе оперативлă маневрсем туса çапăçас ĕçе йĕркелесе пычĕ. Çавăн пек маневрсем ирттернипе, тĕрлĕ йышши çарсем пĕр-пĕрне пулăшса пынипе тăшманăн йышлă çарĕсене хупăрласа илсе, пĕтере-пĕтере тăкрĕ.

Тăшмана хупăрласа илме маневрсем тăвасси Совет Союзĕн бронетанковăй тата механизациленĕ çарĕсен çапăçури тĕп меслечĕ пулса тăчĕ. Çак меслетпе пысăк ăсталăхпа усă курса, ку меслете лайăхлатса пырса, совет танкисчĕсем, ытти çарсемпе таччăн çыхăнса, тăшман çарĕсен пысăк ушкăнĕсене Корсунь-Шевченковски районĕнче, Минск патĕнче, Яссыпа Кишинев районĕнче, Хĕвелтухăç Пруссире, Будапешт патĕнче тата Берлин патĕнче хупăрласа илсе, пĕтере-пĕтере тăкрĕç.

1945 çулхи апрель уйăхĕнче Берлина илессишĕн çапăçу пуçланчĕ. Унта Совет Союзĕн хăватлă çар чаçĕсен тупăсемпе минометсем 41 пин, самолетсем 8.400, танксем 6.300 ытла тата ытти кучухнехи çар техники пулнă. Ку çар чаçĕсем тăшмана нихçанхинчен хытă çапса аркатса тăкнă. Тăшманăн Одер шывĕ тăрăх тунă оборонине çĕмĕрсе, пирĕн çар чаçĕсем хула патнелле хăвăрт пынă. Пирĕн механизациленĕ тата бронетанковăй çар чаçĕсем 8 кун хушшинчех Берлин гарнизонне хупăрласа илнĕ, ăна тăватă ушкăна пайланă. Майăн 2-мĕшĕнче тăшман хирĕç тăма пăрахнă. Çак çапăçура танклă çарсем оборонăн тĕрлĕ тата нумай сооруженийĕсем урлă каçнă, питĕ хаяррăн кĕрешекен тăшмана çĕнтерсе пынă. Совет танкисчĕсем çĕнтерÿ тăвассишĕн хытă çапăçма хатĕр пулнине, хăйсен кĕрешÿри ăсталăхне, Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн юратнине кăтартса панă.

Совет Союзĕн бронетанковăй тата механизациленĕ çарĕсем Чехословаки халăхне фашизм пусмăрĕнчен хăтарма уйрăмах нумай пулăшрĕç. Берлинри операцие вĕçленĕ хыççăн танклă тата механизациленĕ çарсем кăнтăралла, Прага хули патнелле питĕ хăвăрт кайрĕç. Тăшмана хирĕç çапăçса Дрезден хулине илчĕç, Рудные горы тĕкен сăртсем урлă каçрĕç, фашистла çарсен ушкăнне аркатса тăкрĕç, Чехословаки столицине пырса кĕчĕç.

Империализмла Японие хирĕç çапăçнă çĕрте Совет Çарĕн танксем, тупăсем тата ытти çапăçу техники нумай пулчĕç. Совет Çарĕ чикĕри тăшмана аркатрĕ, çÿлĕ сăртсем тата пушхирсем урлă кайса, Япони çарне тĕп турĕ, ăна парăнтарчĕ.

Совет танкисчĕсен вăрçă çулĕсенчи паттăрлăхне пирĕн халăх, Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви питĕ пысăка хурса хаклерĕç.

«Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче, — тенĕ И. В. Сталин.—Совет Çарĕн бронетанковăй тата механизациленĕ чаçĕсем фашизмла Германие тата империализмла Японие аркатса тăкас тĕлĕшпе питех те паттăрла ĕçсем турĕç. Çапăçусен уй-хирĕсенче совет танкисчĕсем нихçанхинчен хастарлă пулнине кăтартрĕç, тата хăйсен Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçне чыслăн пурнăçларĕç».

Çĕршер пин танкистсене правительство наградисем панă, 1.142 воин Совет Союзĕн Геройĕ ятне илнĕ, 16 воин «Ылтăн çăлтăр» медаль икшер илнĕ.

Фашистла захватчиксене хирĕç кĕрешес ĕçре совет халăхне Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ хавхалантарса тата организацилесе пычĕ. Парти совет халăхне пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерÿ патне илсе çитерчĕ.

Совет çыннисем тылра пĕтĕм вăя парса ĕçленипе, фронта пĕтĕм халăх пулăшса тănипе Совет Союзĕ вăрçăра çĕнтерчĕ. Пирĕн промышленность фронта чи лайăх танксем, самоходнăй орудисем парса тăчĕ, вĕсем нимĕçсен фашистла çарĕн танкĕсенчен, самоходнăй орудийĕсенчен лайăхрах пулчĕç. Вăрçă вăхăтĕнчи юлашки виçĕ çул хушшинче ССР Союзĕнче кашни çулах танксем, самоходнăй орудисем тата бронемашинăсем 30 пин ытла туса кăларнă.

Совет танкостроителĕсен ĕçри паттăрлăхне Тăван çĕршыв тивĕçлĕ хак пачĕ. Вăрçă çулĕсенче танк промышленноçĕнчи работниксенчен 9.000 çынна ытла орденсемпе медальсем парса наградăланă, нумай рабочисем, инженерсемпе техниксем Социализмла Ĕç Геройĕн хисеплĕ ятне илнĕ.

Вăрçă вăхăтĕнче совет çыннисен патриотизмĕ Совет Çарне пулăшмалли фонда тума хутшăннинче палăрчĕ. Тамбов облаçĕнчи колхозниксем пуçарнипе танксен колоннине тума укçа-тенкĕ пухас ĕçа организацилерĕç. Вĕсен примерĕ тăрăх пĕтĕм çĕршыври ĕçсыннисем хушшинче танксем тума укçа-тенкĕ пухасси анлăн сарăлчĕ. Вăрçă вăхăтĕнче танксем тумалли фонда совет патриочĕсем 6 миллиард тенке яхăн укçа, 105 пин тенке яхăн ылтăн укçа, 193 килограмм яхăн ылтăн пачĕç.

Вăрçă хыççăнхи тапхăрта бронетанковăй тата механизациленĕ çарсем вăрçăра пухăннă пуян опыта вĕренеççĕ, çав опытпа çарсене вĕрентсе хатĕрлеме тата воспитани пама, çар ĕçĕнчи ăсталăха ÿстерме усă кураççĕ. Техникăна сине тăрса вĕренсе, çар ĕçне тата политикăна лайăх вĕренме тăрăшса, совет танкисчĕсем пирĕн çарпа флотăн чаплă боевой традицийĕсене хытă хÿтĕлеççĕ, çав традицисене нумайлатса пыраççĕ, социализмла государствăн хăватне тĕреклетме активлă хутшăнаççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕн, СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕн решенийĕсем, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ çак сессире тухса каланă сăмах Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Вăйĕсен мĕнпур воинĕсене, çав шутра бронетанковăй тата механизациленĕ çарсен воинĕсене те, службăри тивĕçе пĕтĕм вăя хурса пурнăçласа пыма, дисциплинăпа йĕркелĕхе тĕреклетме, çар ĕçне тата политикăна вĕренес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ.

**М. ШАПОШНИКОВ,**

Совет Союзĕн Геройĕ, танковăй çарсен генерал-майорĕ.

# Республика уй-хирĕсенче

* * *

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕНЧЕ ЯЛХУÇАЛĂХ ĔÇĔСЕМ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН**

**С В О Д К А**

**Сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне (процентпа)**

| РАЙОНСЕМ | Кĕрхи çĕртме сухи тунă | Авăн çапнă | Вăрлăх фончĕ хывнă | Вăрлăхлăх хăварнă уйрăмĕне пухса кĕртнĕ | Çĕрулми пухса кĕртнĕ | Кантăр татнă | Кантăр çапнă | Силос хывнă |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Чурачăк | 49 | 74 | 85 | 91 | 1 | 67 | 13 | 49 |
| Хĕрлĕ Чутай | 43 | 66 | 65 | 83 | 11 | 67 | 10 | 43 |
| Елчĕк | 43 | 80 | 83 | 100 | 9 | 36 | — | 70 |
| Чкаловски | 42 | 69 | 79 | 91 | 5 | 32 | 3 | 108 |
| Вăрнар | 42 | 68 | 70 | 91 | 7 | 54 | 15 | 61 |
| Муркаш | 41 | 65 | 73 | 67 | 5 | 37 | 37 | 59 |
| Красноармейски | 40 | 62 | 58 | 100 | 3 | 84 | 45 | 50 |
| Куванино | 39 | 94 | 95 | 100 | 9 | — | — | 41 |
| Комсомольски | 38 | 74 | 86 | 90 | 5 | 59 | 2 | 64 |
| Тăвай | 38 | 58 | 87 | 82 | 3 | 11 | — | 44 |
| Советски | 38 | 57 | 56 | 89 | 4 | 88 | 29 | 35 |
| Ишлей | 36 | 64 | 48 | 76 | — | 58 | 1 | 65 |
| Шăхасан | 36 | 70 | 78 | 89 | 3 | 59 | — | 69 |
| Элĕк | 35 | 66 | 55 | 87 | 4 | 84 | 32 | 37 |
| Сĕнтĕр | 34 | 66 | 72 | 60 | 2 | 69 | 9 | 41 |
| Улатăр | 33 | 90 | 92 | 73 | 2 | — | — | 43 |
| Йĕпреç | 33 | 72 | 87 | 94 | 11 | 42 | 2 | 63 |
| Пăрачкав | 33 | 86 | 89 | 87 | 2 | 100 | 100 | 48 |
| Шăмăршă | 32 | 72 | 77 | 100 | — | 2 | — | 45 |
| Шупашкар. | 31 | 63 | 73 | 72 | 5 | 66 | 5 | 60 |
| Октябрьски | 30 | 54 | 69 | 67 | 1 | 21 | — | 40 |
| Çĕмĕрле | 28 | 74 | 69 | 81 | 2 | 86 | 45 | 48 |
| Канаш | 28 | 61 | 73 | 66 | 3 | 31 | 3 | 45 |
| Первомайски | 28 | 80 | 83 | 86 | 5 | 31 | 7 | 46 |
| Вăрмар | 25 | 57 | 64 | 76 | 2 | 10 | — | 46 |
| Сĕнтĕрвăрри | 24 | 54 | 61 | 48 | 2 | 39 | — | 35 |
| Çĕрпӳ | 21 | 66 | 64 | 100 | 1 | 50 | 7 | 44 |
| Калинино | 21 | 60 | 52 | 82 | 2 | 70 | 6 | 67 |
| Куславкка | 14 | 56 | 66 | 66 | 3 | 7 | — | 51 |
| Етĕрне | 10 | 78 | 90 | 81 | 3 | 81 | 23 | 38 |

## Государствăна тырă памалли плана тултарнă

ВĂРНАР, сентябрĕн 11-мĕшĕ. (Телеграфпа). Вăрнар районĕнчи колхозсем сентябрĕн 11-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана 100,3 процент тултарнă.

СĔНТĔР, сентябрĕн 11-мĕшĕ. (Телеграфпа). Сĕнтĕр районĕнчи колхозсем сентябрĕн 11-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана 100,5 процент тултарнă.

ШĂМĂРШĂ, сентябрĕн 11-мĕшĕ. (Телеграфпа). Шăмăршă районĕнчи колхозсем сентябрĕн 11-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана 100 процент тултарнă. Халĕ МТС ĕçĕсе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă параççĕ.

## Сĕт парса татнă

ВĂРНАР. Шверник ячĕпе тăракан колхоз государствăна 23 пин литр сĕт пачĕ, обязательствăна тултарчĕ те, аванс шучĕпе 1954 çулшăн тата 3 пин литр сĕт пачĕ.

И. КОРАКОВ.

## Виçĕ республика ăмăртăвĕ

**Колхозсемпе МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсен планне сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарнă (процентпа)**

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Кĕрхи тырăсем тата çуртрисем пухса кĕртнĕ | 96,8 | 97,6 | 99,4 |
| Вăл шутран комбайнсемпе | 87,7 | 86,1 | 82,2 |
| Капана хывнă | 92,5 | 90,7 | 95,5 |
| Авăн çапнă (комбайнсемпе вырса çапнипе пĕрле) | 89,6 | 63,8 | 68,2 |
| Йĕтĕн татнă | — | 95,4 | 82,6 |
| Кантăр татнă | 7,8 | 15,0 | 56,4 |
| Çĕрулми кăларса пухнă | — | 0,7 | 3,8 |
| Вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ӳсекен курăксем çулса пухнă | 72,0 | 70,5 | 82,7 |
| Тымарçимĕçсем кăларса пухнă | — | 10,7 | 3,8 |
| Силос хывнă | 51,7 | 51,9 | 51,8 |
| Кĕрхи çĕртме сухи тунă | 31,3 | 34,1 | 33,4 |
| Вăрлăх фончĕ хывнă | 87,8 | 74,0 | 73,1 |
| Тракторсемпе тумалли ĕçсен çулталăкри планне тултарнă | 75,7 | 74,2 | 77,4 |
| Государствăна тырă памалли 1953 çулхи плана тултарнă | 2-мĕш вырăн | 3-мĕш вырăн | 1-мĕш вырăн |



Куславкка МТС-ĕнчи малта пыракан тракторист Л. Т. Пушков юлташ «Дружба» колхозра кĕрхи çĕртме тăвать. Вăл кĕрхи çĕртме тумалли плана сентябрĕн 15-мĕшĕнче тултарма тăрăшать.

**УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ:** трактор агрегачĕ сухара. Çавăрăшкари — Л. Т. Пушков тракторист.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Пысăк хастарлăхпа

ТĂВАЙ. «Красная Чувашия» ялхуçалăх артелĕн членĕсем, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисемпе тата сессире Г. М. Маленков юлташ каланă сăмахпа хавхаланса, ялхуçалăх ĕçĕсене кĕске вăхăтра вĕçлесе пыраççĕ. Колхозра ĕç тухăçлăхĕ нумай ӳснĕ, ĕç дисциплини çирĕпленсе пырать. Колхозниксем ирхи кӳна касчен итем çинче тата ытти çĕрте ĕçлеççĕ, кулленхи ĕç нормине иртгерсе тултарса пыраççĕ.

Колхоз сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тыр-пулсене вырса пĕтерчĕ, 1.337 гектар çинчи кĕлтене капана хывнă, 560 гектар çинчи тырра çапнă. Халĕ авăн çапас ĕç ăнăçлă пырать. Авăн çапнă çĕрте лашапа ĕçлемелли молотилкăсемпе туллин усă кураççĕ. Молотилкăсене двигательпе те ĕçлеттереççĕ.

Тырпул пухса кĕртес тата авăн çапас ĕçре Н. Лукинпа К. Семенов юлташсем ертсе пыракан уй-хир бригадисем малта пыраççĕ. Çак бригадăсем халĕ октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнчĕç.

К. Семенов юлташ ертсе пыракан бригадăра вăтă колхозниксем те тăрăшса ĕçлеççĕ. Сăмахран, Н. Яковлев колхозник 83 çулта. Вăл капан тăвать. Кулленхи ĕç нормине 110—130-шар процент тултарса пырать. Çавăн пекех Е. Савельевпа М. Иванов колхозниксем те ялхуçалăх ĕçĕнче хастарлă ĕçлеççĕ.

П. Толстов коммунист ертсе пыракан транспорт бригади государствăна тырă памалли плана срокчен тултарма пулăшрĕ. Халĕ МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă параççĕ.

Колхоза ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра вĕçлеме А. Кузьмин юлташ ертсе пыракан трактор бригади пысăк пулăшу парать. В. Данилов комбайнер самоходнăй комбайнпа 260 гектар тырă вырса панă. Кĕрхи тырăсене вăхăтра акса хăварнă, 40 гектар çинче хĕреслĕ майпа акнă. Халĕ трактористсем кĕрхи çĕртме сухине вăхăтра туса пĕтерессишĕн тăрăшаççĕ. Сентябрĕн 8-мĕшĕ тĕлне 400 гектар сухаланă. Ку ĕçре Т. Кузьмин, В. Михайлов трактористсем лайăх ĕçлеççĕ.

А. НИКОЛАЕВ.

## Авăн çапса пĕтереççĕ

ЧКАЛОВСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çак кунсенче пысăк хавхаланупа ĕçлеççĕ. Кашни колхозникпа колхозница ялхуçалăх ĕçĕсене хăвăртрах вĕçлес тесе тăрăшса ĕçленипе колхоз тĕштырăсене лайăх пухса кĕртрĕ, çийĕнчех авăн çапса пычĕ, государство умĕнчи пирвайхи тивĕçе срокчен пурнăçларĕ. Государствăна тырă парса татнă.

Кăçал тырпул лайăх пулнă. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, кашни гектартан 22-шер центнер пăрçа, 15-шер центнер тулă тухни палăрать. Колхозниксем аванс шучĕпе кашни ĕçкунĕ çине икшер килограма яхăн тырă илчĕç.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче каланă сăмахпа паллашнă хыççăн, колхозниксемпе колхозницăсем социализмла ăмăртăва вăйлатрĕç. Колхоз сентябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне авăн çапса пĕтерет.

И. ТАРАСОВ.

### Ĕçкунĕсем тăрăх—аванс

ЕТĔРНЕ. Маленков ячĕпе тăракан колхоз кăçал вăйлă тырпул пухса кĕртрĕ, государствăна тырă памалли обязательствăна срокчен пурнăçларĕ.

Колхозниксем халĕ аванс шучĕпе кашни ĕçкунĕ çине 3,5-шер килограмм тырă илчĕç. Вăл шутра: икĕ килограмм тулă, пĕр килограмм ыраш тата ытти пăрçапа вир.

Уй-хирте тăрăшса ĕçленĕ колхозниксем колхозран аванс шучĕпе темиçешер тонна тырă илеççĕ.

И. ПЕТРОВ.

### Х ă м л а п а р а ç ç ĕ

Колхозсем хăмла татса государствăна пама тытăнчĕç. «Социализм» колхоз кĕске вăхăт хушшинчех «Росхмель» кантурĕн складне 1.459 килограмм типĕтнĕ хăмла леçсе пачĕ.

(«ХĔРЛЕ ОКТЯБРЬ» хаçат).

Октябрьски.

ФЕЛЬЕТОН

## Чее çыннăн кушакĕ те пулă тытать

Çуллахи ăшă кун. Вĕçĕ-хĕрриçĕр машинăсем çӳреççĕ. Пĕри Патăрьелĕнчи раймаг умне çитсе чарăнчĕ. Çак самантрах кабина алăкĕ яр уçăлчĕ те, яштака пӳллĕ çын сăмăллăн сиксе тухса тӳрех магазина кĕрсе кайрĕ.

— Пулать-çке сăмăл çын... Утнӳчупни сисĕнмест те йăт,—тет шофер, ун çине тĕлĕнсе пăхса.

— Эй, хĕрсем! Курмастăр-им машина килнине? Айтăр хăвăртрах, таварсене пушатăр. Кĕтме вăхăт çук!—тесе кăшкăрать вăл продавщицăсене васкатса.

— Семен Евдокимăч, мĕн илсе килтĕр?

— Тухсан хăвăрах куратăр,—тавăрать вăл кĕскен.

Машина çинчи мамăк тĕркисене хăвăрт пушатнă.

— Кунта çичĕ тĕрке. Кашни тĕркинче 50-шар килограмм,—пĕлтернĕ васкатакан çын.

— Мĕн хакпа сутмалла?—тĕпченĕ продавщица.

— Ку «Люкс» текен пĕрремĕш сорт мамăк. Кашни килограмĕ 14 тенкĕ те 70 пус тăрать. Çаплах сутатăн,—ăнлантарнă Семен Евдокимăч.

— Счет-фактури пур-и вара?—каллех ыйтнă продавщица.

— Счет-фактура, тетĕн? Мĕн эсĕ, паян çеç продавщица пулса ĕçлекен çын пек калаçатăн? Таварĕ килнĕ, кӳрсе панă, хакне каланă. Санăн сутмалли кăна юлнă. Кирлĕ пулсан документсене çырăпăр. Ан васка...

Паллах, урăх калаçма та кирлĕ пулман. «Сунарçă сунарçа инçетренех курать» тенĕ пекех ĕнтĕ Чкаловски районĕнчи потребсоюзра склад заведующийĕ пулса ĕçлекен С. Шуряшкинпа промышленность таварĕсем сутакан магазинри А. Кошкина продавщица пĕр-пĕрне кусран пăхсах ăнланнă. Вĕсем çакăн пек ĕçсем халĕ çеç мар тăваççĕ, анчах та пĕр-пĕрне нихçан та кӳрентермен.

Райпотребсоюзăн суту-илӳ пайĕн заведующине П. Медведевăна та кӳрентермеççĕ. Вăл та яитă укçана тарăн кĕсьене хума яланах хатĕр.

— Ĕçе майлама пĕлес пулать. Шурă алă çумĕнче кирĕк тăмасть, ăстаран ĕç хăрать,—тет вăл.

Халĕ те вăл раймаг умĕнче тăракан Шуряшкин çине пăхса тем пекех савăннă.

— Тавçăруллă çын. Темĕнле путланнă сăмхана та сӳтсе, çĕнĕрен сăмхалама пултарать,—тесе мухтанă Медведева.

Анчах та ку сăмхана сӳтсен, унăн вĕçĕ те тупăнать иккен: 1953 çулхи майăн 28-мĕшĕнче Канашри базăран 336-мĕш номерлĕ счет-фактура тăрăх райпотребсоюза 350 килограмм «Чапаннăй» текен мамăк кӳрсе килнĕ. Документра çырнă тăрăх, çак мамăкăн кашни килограмĕ 10 тенкĕ те 30 пус тăрать. П. Медведева, С. Шуряшкин тата А. Кошкина, пĕр каварлă пулса, мамăка кашни килограмм пуçнех 4 тенкĕ те 40 пус хушса сутаççĕ. Çапла вара вĕсем хăйсен кĕсйине 1.540 тенкĕ укçа чикеççĕ.

Пĕрре шăмă кăшлама вĕреннĕ йытă, ăна нихçан та пăрахаймасть, теççĕ ваттисем. Çак сăмахсене асăннă çынсем пирки каласан та тĕрĕс пулать. Вĕсем те пĕр вĕреннĕ йăлинех тытаççĕ.

Канашри «Заготзерно» пунктĕнчен райпотребсоюза 5-мĕш категориллĕ михĕсем 1.000 штук илсе килнĕ пулнă. Кашни михĕ 2 тенкĕ те 30 пус тăнă. Шуряшкин аптăраса ӳкмен. Вăл çак михĕсенчен мĕнле майпа тупăш илмеллине часах тавçăрнă.

Михĕсем кирлине асра тытса, вăл пĕр тăхтамасăрах колхозсене райпотребсоюз складĕнче михĕсем пурри çинчен пĕлтерет.

Колхозсенчен пĕрин хыççăн тепри пыма тытăннă.

— Васкăр, васкăр, юлташсем! Михĕсем пĕтнĕпе пĕрех,—хĕтĕртнĕ Шуряшкин, аллинчи кăранташĕпе документсем çине суя цифрăсем лартнă май.

Çапла май Мичурин ячĕпе тăракан колхоза 3 тенкĕ те 25 пус çинчен 50 михĕ, Жданов ячĕпе тăракан колхоза 90 михĕ сутать. Çавăн пекех ытти михĕсене те хакне ӳстерсе сутса пĕтерет. Çапла хăтланса Шуряшкин 580 тенкĕ чухлĕ услам курать.

Вăл хăйĕн хура ĕçне мĕнле майпа çуса тасатмаллине те чухлать. Хаклă хакпа сутнă михĕсене магазинта 2 тенкĕ те 30-шар пуса сутнă пек туса, П. Павлова продавщицăна суя счет-фактура çырса парать.

— Чее çыннăн кушакĕ те пулă тытать,—тет Шуряшкин, ĕçкĕ-çикĕре лăхлăх кулса.

Районти ĕççыннисем райпотребсоюз склачĕсене кӳрсе килекен таварсем пайщиксем патне çитменнишĕн яланах пăшăрханаççĕ. Пахарах таварсене складрах салатса пĕтереççĕ. Нумаях пулмасть суртсем çине витмелли тимĕр кӳрсе килнĕ. Пĕр вырсарникун çак тимĕр çĕр çăтнă пекех çухалнă.

Медведевăн тăванĕсемпе пĕлĕшĕсем нумай. Вĕсене кашнинех мĕн те пулин тупса памалла, вĕсен умĕнче кивçене кĕмелле мар. Медведевăшăн пулсан складри таварсемпе хăйĕн çупçинчи апаласем хушшинче нимĕнле уйрăмлăх та çук. Асăннă тимĕр те унăн çывăх пĕлĕшĕсене лекнĕ.

Жуликсем тата вĕсене хӳтĕлесе тăракансем совет законĕ тăрăх тивĕçлĕ ответ тытасса шанатпăр.

И. ЛАСТОЧКИН.

*„Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн*

## „Çурт-йĕр тăвакансен халăх умĕнчи тивĕçĕ“

Августăн 19-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ «Çурт-йĕр тăвакансен халăх умĕнчи тивĕçĕ» ятлă статьяра Шупашкар хулинчи ĕççыннисем электричество линийĕсем йĕркеллĕ мар пулнине тата водопровод çитменнине туйса пурăнни, çак ĕçсене тума государство уйăрса панă укçасемпе çителĕксĕр усă курни çинчен çырнăччĕ, Водосвета (директорĕ Благодатских юлташ) тата Шупашкар хула Совет исполкомне (председателĕ Енчиков юлташ) критикленĕччĕ.

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совет исполкомĕ статьяра ситменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани, электричество линийĕсене йĕркелесси, водопровода сарасси çинчен хула Совет исполкомĕ тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ сӳтсе явни, Водосветпа «Чăвашстрой» трестĕн руководителĕсене çак ĕçсем енĕпе плана тултарма хушни çинчен пĕлтерчĕ.

Хула Совет исполкомĕ пĕлтернĕ тăрăх, электричество линийĕсене йĕркелес тата водопровод ĕçне сарас енĕпе халĕ çине тăрса ĕçлеççĕ.

# Кĕрхи кунсем

Тӳпере тăхлан тĕслĕ çапнă йывăр пĕлĕтсем сулмаклăн шăваççĕ. Хĕвел сайра хутра çеç курăна-курăна каять. Вăл, пысăк культиватор дискĕ пек, пĕлĕт кăписене тарăнăн касса уйăрать те çав самантра вара пĕтĕм тавралăх хăйĕн тĕлĕнмелле чăпар тумĕпе ялкăшма тытăнать. Вăрман хĕрринчи пилеш тĕми, кăвар купи тейĕн,—çунса кăна тăрать! Саралнă çулçăсен ылтăн чĕнтĕрĕ çинче кăвар тĕс уйрăмах илемлĕ.

Çук, пĕрре те кичем мар кĕрхи кунсем! Вĕсем хăйсене май хитре.

Çĕрĕн-кунĕн уй-хирте моторсен кĕрлевĕ илтĕнсе тăрать. Тракторсем кĕрхи çĕртмене хура çĕртме тăваççĕ, çĕрулми кăлараççĕ, юлашки авăна çапаççĕ. Пĕпреçĕлле каякан çулсем тăрăх комбайнсем шăваççĕ: самоходкăсем — хăйсен уттипе, «Коммунарсене» вара—тракторсем туртса пыраççĕ.

Йĕпреç МТС-ĕн картишне комбайнсемпе молотилкăсем чылаях пухăнса тăнă ĕнтĕ. Çу касиччен тĕрлĕ уй-хирсенче ĕçленĕскерсем, вĕсем халĕ пĕр-пĕрне хăйсен çĕнтерĕвĕсем çинчен каласа пама хатĕрленнĕ пек курăнаççĕ. Чăн та, каласа памалли питĕ нумай. Ахальтен мар машинăсем юсамалли мастерской умĕнче хаваслă шав илтĕнмест. Кунта МТС-ри трактор бригадисен бригадирĕсем, чаплă комбайнерсем пуçтарăннă. Вĕсен хушшинче эпир чи малтан 7-мĕш бригадăн бригадирне Федор Андреевич Фролова куратпăр,—вăл пуринчен çӳлĕрех те патвартарах. Унăн бригади Мăн Упакасăпе Пĕчĕк Упакасси колхозĕсен уй-хирĕсенче ĕçлет. Иртнĕ çуракиччe бригада МТС-ăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне çĕнтересе илнĕ. Çуллахипе кĕрхи ĕçсене пĕтĕçтермен-ха. Ялав камра пулассн халлĕхе паллă мар.

Акă эпир механизаторсен ушкăнĕнче 6-мĕш трактор бригадин бригадирне Василий Алексеевич Алексеева куратпăр. Унăн бригади Хурамалти Ленин ячĕпе тăракан колхозра ĕçлет. Ку вăл—районти чи пысăк колхоз. Механизаторсен ăмăртăвĕнче Василий Алексеев бригади Федор Фролов бригадинчен пĕр утăм та кая юлса пымарĕ. Кам пĕлет, кĕрхи ĕçсене пĕтĕçтерсен тен, Алексеев Фроловран мала та тухĕ-ха. Хăшпĕр тĕслĕхсемпе 6-мĕш бригада 7-мĕшĕнчен çуллахи ĕçрех иртсе кайнă. Алексеев бригадинчи çамрăк комбайнер Михаил Иванов, пĕрремĕш çул кăна ĕçленĕскер, «С-4» комбайнпа 300 гектар ытла вырса-çапса пуçтарнă, Аркадий Хураськинпа Иван Шмагин комбайнерсем те 300-шер гектартан иртгернĕ.

Вĕсем халь хăйсен ĕçĕсем çинчен юлташĕсене хавасланса каласа параççĕ. Çамрăк механизаторсен шавлă ушкăнĕнчен кăшт аякарахра пĕчĕк пӳ-силлĕ, шĕвĕ те шĕвĕрке сухаллă çын тăрать. Ку вăл—61 çулхи ватă комбайнер Андрей Иванович Иванов. Вăл, кăçалхипе шутласан, «Коммунар» комбайнпа 16-мĕш сезон ĕçлерĕ ĕнтĕ. Çамрăксем кăшт мухтанарах калаçнă вăхăтра Андрей Иванович нимĕн те шарламасть-ха. «Çамрăксем вĕсем самоходкăсене ытларах кăмăллаççĕ,—тесе шухăшлать ватă комбайнер.—Трактор туртакан «Коммунара» тиркеççĕ. Кивеллĕ комбайн, имĕш». Анчах Андрей Иванович çав «кивелнĕ» комбайнпах çулсерен 250—300-шер гектар вырса-çапса пуçтарать. Кăçал та вăл çамрăксенчен кая юлмарĕ.

— Андрей Иванович, эс ма нимĕн те чĕнместĕн?—сасартăк ун еннелле çаврăнса ыйтать Фролов бригадир.—Ахаллĕн кунта хăшпĕрисем ытлашши шавлама пуçларĕç.

— Çамрăк чух хам та шавлама юратнă-ха ăна,—лăпкăн çеç ответ парать ватă комбайнер.—Анчах самоходка тепле лайăх ĕçлесен те, эпĕ хамăн «Коммунара» пăрахмастăп. Государство пирĕн пуян, çĕнĕрен çĕнĕ машинăсем парать. Çапах та киввисене те лупас айне кайса пăрахма юрамасть. Ку вăл ват çынсене хисеплеменнипе пĕрех пулĕччĕ.

Тĕрĕс калать Андрей Иванович. МТС-ăн чăн малтанхи механизаторĕсем çакăн пек тăрăшнипех ĕнтĕ вăрçăччен илнĕ вунпĕр «Коммунар» халĕ те тĕп-тĕрĕс ĕçлеççĕ. Хăшпĕр МТС-сенче вара вĕсене тахçанах пăрахăçа кăларнă та мĕнпур йывăрлăхсене çĕнĕ комбайнсем çине — самоходкăсем çине тиенĕ, çавна пула вĕсем комбайнсемпе вырса-çапса пуçтармалли пĕтĕмĕшлĕ плансене пурнăçа кĕртеймеççĕ.

Йĕпреç МТС-ĕ механизаторсен кадрĕсем тĕлĕшпе вырăнлах мухтанма пултарать. МТС пуçланса кайнăранпах ĕçлекен çынсем кунта вуншарăн шутланаççĕ. Вĕсен хушшинче эпир ремонт мастерскойĕн заведующине Григорий Сергеевич Мамонтова, комбайнсен участокри механикне Петр Николаевич Михайлова, 6-мĕш трактор бригадин бригадирне Василий Алексеевич Алексеева тата ыттисене те куратпăр. Вĕсем чăн малтанхи трактористсем пулнă. Ку çеç те мар, ăруран ăрăва ӳссе пырать механизаторсен гвардийĕ. 7-мĕш бригада бригадирĕн Федор Андреевич Фроловăн 1935 çулта çуралнă ывăлĕ—Саша Фролов, ашшĕ пекех, трактор ĕçне юратать, вăл кăçал пĕрремĕш çул тракторист пулса ĕçлерĕ. Ватă комбайнер Андрей Иванович Иванов ывăлĕ те—Николай Иванов халĕ комбайнер помощникĕ пулса ĕçлет.

МТС çулсерен çĕнĕрен çĕнĕ кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме тăрăшать. Иртнĕ хĕлле МТС-ри курсра çĕнĕрен 19 тракторист вĕрентсе кăларнă, квалификаци ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен курсенче 25 тракторист, бригадирсемпе вĕсен помощникĕсем 9 çын вĕреннĕ. Трактор бригадисем валли 11 учетчик вĕрентсе хатĕрленĕ. Кунсăр пуçне, 17 тракторист, пĕр бригадир тата 14 комбайнер, Канашри механизаторсен шкулĕнче вĕренсе, хăйсен пĕлĕвĕсене малалла ӳстернĕ. Колхозсем трактор плугĕсемпе ĕçлеме уйăрса панă 112 çынран 68 çын хăйсем тĕллĕнех тракторсем тытса пыма пултараççĕ.

Йĕпреç МТС-ĕ хăйĕн планĕсене çулсерен ăнăçлă пурнăçа кĕртсе пырать. Çакă вăл чи малтан механизаторсен кадрĕсем ĕçре ăста та хастар пулнинчен килет.

Пилĕк-улттă çул каярах МТС колхозсенче договорсем тăрăх 3—4 тĕрлĕ ĕç кăна тăватчĕ-ха, — сухалатчĕ, акатчĕ, выратчĕ, çапатчĕ. Халĕ МТС-ăн производство планĕнче эпир 72 тĕрлĕ ĕç куратпăр. Мĕн-мĕн кăна тумаççĕ машинăсем колхозсенче? Суха-ака ĕçĕсемсĕр пуçне, МТС колхозсене ятарласа тунă машинăсемпе тăваткăлла йăва меслечĕпе çĕрулми, махорка лартса парать, уй-хирсемпе улăхсенче тункатасем тăпăлтарать, авалхи çеремсене тарăн сухаласа уçать, колхозсене садсем чĕртме, питомниксемпе парниксем тума, çара уй-хирсенче вăрман лартма, уй-хире тислĕкпе торф турттарма, колхозсенчи стройка валли вăрмантан йывăç кăларма, тăпрана органикăлла, минераллă тата бактериялле имçамсемпе семçетме пулăшать.

Механизаторсем çĕр ĕçне тунипех çырлахмаççĕ. Халĕ ĕнтĕ машина вылькăчĕрĕх ĕрчетес ĕçе те çултан-çул ытларах хутшăнма тытăнать. Акă Пĕчĕк Упакассинчи «Путиловка» колхоза МТС механизаторĕсем шыв тапса тăмалли башня туса пачĕç, фермăсене шыв пăрăхĕсем кĕртрĕç, выльăхсене автопоилкăсемпе шăвармалла турĕç, выльăх апачĕ пĕçерме механизациленĕ хурансем лартрĕç. Çав ĕçсенех халĕ Киров ячĕпе тăракан колхозра тăваççĕ. Черетре — «Искра» колхоз.

Çапла, пур çĕрте те колхозниксен ĕçне машина вăйĕ çăмăллатса пырать.

Çу касиччен хĕрсе ĕçленĕ механизаторсен пĕр-пĕрне каласа памаллисем питех те нумай. Вĕсен ушкăнĕ шавласа тăнă çĕре МТС директорĕ Аркадий Константинович Бурманин юлташ пысăк Хĕрлĕ ялав çĕклесе тухать. Ку ялава иртнĕ çулхи кĕркуннепе хĕлле мĕнпур машинăсене вăхăтра та лайăх юсаса пĕтернĕшĕн Йĕпреç МТС-не СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата ВЦСПС панă. Ялавпа пĕрле МТС 20 пин тенкĕ укçан премине илнĕ.

— Мĕнле, юлташсем,—лăпкăн кăна ыйтать директор,—çак ялава кăçал алăран вĕçертмĕпĕр-и?

— Çук, эпир хамăр алăран халиччен нимĕн те вĕçертмен!—пат татса калать Фролов бригадир.

Вархат ялав кĕрхи çил çинче сулмаккăн та мăнаçлăн варкăшать. Паттăр механизаторсене вăл кăçалхи ремонт ĕçне пĕлтĕрхинчен хăвăртрах та лайăхрах туса иртгермеллине аса илтерет.

Йĕпреç МТС-ĕн механизаторĕсем хăйсен машинисене кăçал та лайăх юсама сăмах параççĕ. Вĕсен сăмахĕ хурçă пек çирĕп, ĕçĕ хастар. Анчах кунта механизаторсенчен килмен пĕр пысăк чăрмав пирки асăрхаттарса хăвармалла.

Ремонт мастерскойне МТС организациленĕренех лартнă та вăл хальхи пысăк ĕçсене ниепле те çырлахтараймасть. Мастерскойăн йывăç çуртне, ахаль те лутра пулнăскер, халĕ аялти пĕренесен вişĕ йĕрри çĕрсе кайнипе, татах та ытларах лутраланнă. Тракторсене унта кабинисене илсе пăрахса кăна кĕртеççĕ. Цехсенче тӳсме çук тăвăр. Чăн та, мастерскойăн оборудовани пуян, унта нумай тĕрлĕ становсем вырнаçтарнă. Анчах кашни пĕчĕк пӳлĕмрех темиçе станок лартнипе, вĕсен умĕнче ремонтниксем йышлăн кĕпĕрленнипе тухăçлă ĕçлеме май çук. Тата дизель моторĕсене лебедкăсемпе çĕкленĕ чухне мачча каштисем кăна мар, мĕнпур стенасем, çĕрсе кайнăскерсем, халь-халех ишĕлсе анас пек шатăртатса тăраççĕ. Кун пек çĕрте темĕнле инкек те кĕтме пулать.

Пĕлтĕрхи ремонт вăхăтĕнче те, кăçал та республикăри Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствинче ĕçлекенсем, ответлă çынсемех, кунта пĕр хутчен мар килекиле кайнă. Мастерскойăн çĕнĕ çуртне тума 1948 çултанпа ĕнтĕ укçа-тенкĕ пама шутлаççĕ. Шутлаççĕ те... манаççĕ. Кашни килмессерен пĕр-пĕр ответлă çын МТС çыннисемпе пĕрле мастерской тăрăх пăхса çӳреççĕ, ахлатаççĕ, пăшăрханаççĕ, татах пулăшма сăмах параççĕ...

Чăн та, Йĕпреç МТС-ĕн механизаторĕсем çакăн пек условисенче ĕçлесех иртнĕ çул куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав илме пултарнинчен тĕлĕнетĕн. Тĕлĕнетĕн те — хастар çынсем!—тесе калатăн. Вĕсем кăçал та çав мастерскойрах ĕçлеме тивĕç. Анчах вĕсем пуça усмаççĕ. Вĕсем малашнехи шанчăкпа пурăнаççĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче Совет Правительствин пуçлăхĕ Г. М. Маленков юлташ «МТС-сенче машинăсем юсамалли базăна çирĕплетмелле», тесе каларĕ.

Ку вăл—çирĕп сăмах. Çакă хавхалантарать те паян Йĕпреç МТС-ĕн механизаторĕсене!

Аркадий ЭСХЕЛЬ.

# Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗ йышӑннӑ резолюци

ВЕНА, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗ хӑйӗн сессийӗнче ҫакӑн пек резолюци йышӑннӑ:

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗ, Корейӑра вӑрҫӑ ӗҫӗсем чарӑннӑ хыҫҫӑн малтанхи хут хӑйӗн сессине пухӑнса, мир ӗҫӗн ҫак ҫӗнтерӗвне саламлать.

Бюро Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ халӑхсене, хӑйсен правительствисенчен калаҫусене хутшӑнма тата пӗр-пӗрне калаҫса татӑлма ыйтмалла тесе, чӗнсе каланипе 1953 ҫулхи июнӗн 20-мӗшӗнче пуҫланӑ кампани мӗнле пынине ҫинчен сӳтсе явнӑ. Ҫынсем ҫак сӗнӳ ҫине тимлӗн пӑхни Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ этемлӗхӗн шухӑш-кӑмӑлӗсене тӗрӗс палӑртнине кӑтартать. Паян пӗр государство деятелӗ те калаҫусен ирттерессине уҫҫӑн хирӗҫме хӑяймасть.

Анчах та юлашки вӑхӑтра пулса иртекен ӗҫсем Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровне халӑхсен сыхлӑхне ӳстерме чӗнсе калама хушаҫҫӗ. «Калаҫусем» сӑмахпа час-часах тӗнчери тавлашусене мирлӗн татса парассине хирӗҫ пыракан ӗҫсене пытарса тӑрас тӗллӗшпе усӑ кураҫҫӗ. Малтанах условисем кӑларса тӑратни тата калаҫусем мӗнле пулса иртмелли формӑсемпе содержание малтанах палӑртса хуни калаҫусем ирттерес тенине пӗлтермест. Корея ҫинчен калаҫусем пуҫличчен малтан Ли Сын Мана, перемири тума килӗшменскерне, хӑрах енлӗ договор тӑвас тени, Индие политикӑлла конференцие хутшӑнтарассинчен пӑрса ярас тени, Германи ҫинчен калаҫусем пуҫличчен малтан Германи милитаризмне тепӗр хут чӗртсе тӑратас тени килӗшӳ тума май парас мар тени пулать.

Эпир халӑхсене Корейӑри вӑрҫӑ тепӗр хут пуҫланассине пур майсемпе те чарса тӑма, Индо-Китайри вӑрҫа чарса лартма чӗнетпӗр. Азире тата Африкӑра нумай халӑхсен никама пӑхӑнманлӑхӗпе хӑрушсӑрлӑхне хирӗҫ тӑвакан пусмӑрлӑ ӗҫсене мир интересӗсемшӗн чарса лартас пулать.

Халӑхсем Германире вӑрҫӑ вучахӗ пулса тӑрассипе килӗшмеҫҫӗ. Ку вӑл Германин мӗнпур кӳршисене, Германи халӑхне хӑйне тата пӗтӗм тӗнчери мире хӑратса тӑнӑ пулӗччӗ.

Халӑхсем тӳрӗ кӑмӑлпа калаҫусем ирттерессишӗн тӑраҫҫӗ, пур ӗҫсенче те пуриншӗн те килӗшӳллӗ решенисем йышӑннӑ тӑрӑх, килӗшӳ тӑвассишӗн тӑраҫҫӗ.

Вӗсем ООН Уставне хисеплеме хушаҫҫӗ. Вӗсем Китай Халӑх Республикине Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗнче вырӑн пама ыйтаҫҫӗ, мӗншӗн тесен унӑн ҫакӑн пек право пур. Вӗсем ҫапла шутлаҫҫӗ. Тӗнчери ыйтусене Китай хутшӑнмасӑр татса пама тата мир туса хума ҫук. Этемлӗх умне водородлӑ бомба кӑларса тӑратнӑ хӑрушлӑх ҫынсене массӑллӑн пӗтермелли хӗҫпӑшала та халех чарса лартма хушать.

Тӗнчере хӗҫпӑшалсӑрланасси ҫинчен килӗшӳ туса, тӳсме ҫук йывӑр ҫар расхочӗсене чакарас пулать. Мӗнпур ҫӗршывсем хушшинче пӗр-пӗриншӗн усӑллӑ никӗс ҫинче тата пурин пурнӑҫне те хӑвӑрт лайӑхлатмалли условисем тӑрӑх суту-илӳ ӗҫӗсене пуҫласа ярас пулать. Мӗнпур ҫӗршывсем хушшинче килӗштерсе ӗҫлессине туса хума вӑхӑт ҫитнӗ. Этемлӗхе ҫӗнӗ малашлӑх уҫса парас пулать.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ Корейӑра перемири тума пултарнӑ халӑхсене шанса чӗнет. Вӑл халӑхсене пӗрлешме, вӑйпа пусмӑрламалли политикӑна аркатса тӑкма тата правительствӑсем хушшинче килӗшӳ тӑвас тӗллевпе хӑйсен вӑйӗсене пӗтӗҫтерме чӗнет.

Вена, 1953 ҫулхи сентябрӗн 10-мӗшӗ.

## ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ МИР СОВЕЧӖН БЮРОВӖ ПӖЛТЕРНИ

ВЕНА, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗ тӗнчери мӗнпур ыйтусене мирлӗ майпа татса пама ыйтас тӗллевпе хальхи вӑхӑтра ирттерекен кампание малалла вӑйлатасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва пӑхса тухма кӗҫӗлхи ноябрь уйӑхӗнче Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн ларӑвне пухма йышӑннӑ.

Бюро Пӗтӗм тӗнчери Мир Советне пӑхса тухма 1954 ҫулта Пӗтӗм тӗнчери мир конгресне пухма пуласси ҫинчен ыйту тӑратать.

## КАНАДӐРА СОВЕТ КИНОФИЛЬМӖСЕНЕ ЮРАТСА ПӐХАҪҪӖ

ОТТАВА, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Торонто хулинчи «Варайти» кинотеатрта Совет Союзӗн «Берлина парӑнтарни» ятлӑ кинофильмне кӑтартас ӗҫ йӑнӑҫлӑ пырать. Совет фильмӗпе халӑх питӗ интересленнине шута илсе, кинотеатр администрацийӗ «Берлина парӑнтарни» кинокартинӑна сентябрӗн 12-мӗшӗччен кӑтартмалла тунӑ.

Унччен «Ялти врач» кинокартинӑна кӑтартнӑ пулнӑ. Ӑна кӑтартасси те пысӑк ӑнӑҫлӑхпа иртнӗ.

## Делири забастовка

ДЕЛИ, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Дели хулинчи строительствӑра ӗҫлекен 50 пин рабочи, хуҫасем ӗҫ укҫи ҫинчен калакан закона пӑснине хирӗҫ, каймалли куншӑн ӗҫ укҫи тӳлеменнине хирӗҫ тата строительсен профсоюзне йышӑнма килӗшменнине хирӗҫ протестлесе, забастовка пуҫласа янӑ. Ӗнер правительствӑпа парламент ҫурчӗ умӗнче строительство рабочийӗсен демонстрацийӗ пулнӑ.

# Ҫамрӑк специалистсем ӗҫре

Республикӑра шкулсен, больницасен тата культурӑпа сутӑҫ учрежденийӗсен хисепӗ ҫулсеренех нумайланса пырать. Ҫавна май пысӑк квалификациллӗ специалистсем—учительсем, врачсем, агрономсем, инженерсем нумай кирлӗ.

Кашни ҫулах республикӑри хуласемпе ялсенче ӗҫлеме ҫӗршывӑн ытти облаҫӗсенчи аслӑ шкулсемпе техникумсенчен вӗренсе тухнӑ специалистсем нумай килеҫҫӗ. Кӑҫал республикӑри шкулсенче ӗҫлеме 260 учитель ытла килнӗ. Учительсем чылайӑшӗ Мускаври, Горькири, Удмурт АССР-ӗнчи, Хусанти педагогика институчӗсемпе ют ҫӗршыв чӗлхине вӗрентмелли институтсенчен вӗренсе тухнӑ. Ҫамрӑк педагогсем вӑтам шкулсемпе техникумсенче ӗҫлеҫҫӗ.

Медицина учрежденийӗсенче ӗҫлеме ҫӗнӗрен 30 врач килнӗ. Вӗсем медицина институчӗсенче вӗреннӗ. Сӑмахран, Г. Елисеев Горькинчи медицина институтӗнчен вӗренсе тухнӑ. Вӑл халӗ Канаш районӗнчи Янкӑлч ялӗнчи врач участокӗн заведующийӗ пулса ӗҫлет. В. Гаврилов Куйбышев хулинчи медицина институтӗнчен вӗренсе тухнӑ, халӗ Патӑръелӗнчи больницӑра хирург пулса ӗҫлет.

Республикӑри машина-трактор станцийӗсемпе колхозсенче ӗҫлеме агрономсем, ветеринари врачӗсем тата ытти специалистсем нумай килнӗ. Вӗсенчен хӑшпӗрисем ялхуҫалӑх техникумӗсенче преподавательсем, МТС-сенче инженерсем, инженер-механиксем пулса ӗҫлеҫҫӗ.

## Кӳҫса ҫӳрекен выставка

ЙӖПРЕҪ. Районти культура ҫуртӗнче Чӑваш АССР-ӗнчи художниксен союзӗн кӳҫса ҫӳрекен художествӑлла выставки уҫӑлчӗ.

Выставкӑра РСФСР тата Чӑваш АССР искусствисен тава тивӗҫлӗ деятелӗн М. С. Спиридонов тата Чӑваш АССР искусствисен тава тивӗҫлӗ деятелӗ Н. К. Сверчков художниксен картинисем пысӑк вырӑн йышӑнаҫҫӗ.

Выставкӑна кашни кунах нумай ҫын пырса курать.

И. ТИХОНОВ.

## Ӗҫе механизацилеҫҫӗ

ОКТЯБРЬСКИ. «Звезда» колхозра ялхуҫалӑх ӗҫӗсене механизацилесси ӳссех пырать. Кӑҫал выльӑх-чӗрлӗх фермисенчи ӗҫсене механизацилеме «ТВ-8» маркӑллӑ ветродвигатель илсе килнӗ. Ҫӗнӗрен туса пӗтернӗ сысна витине вырнаҫтарма подвесной ҫул, картофелемялка, корнеклубнемойка туяннӑ. Нумай пулмасть кантӑр ҫапмалли тата тылламалли машинӑсем илсе килнӗ.

А. ПОЛИКАРПОВ.

Редактор заместителӗ М. Н. ЯКИМОВ.

# Миршӗн кӗрешекенсен Венӑри митингӗ

*Жолио-Кюри тухса калани*

ВЕНА, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Сентябрӗн 10-мӗшӗнче каҫхине миршӗн тӑракансен пысӑк митингӗ пулса иртнӗ. Митинг президиумне Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн членӗсем Жолио-Кюри (Франци), Илья Эренбург (СССР), Изабелла Блюм (Бельги), Ломбарди (Итали), Вальтер Фридрих (Германи), Генрих Брандвейнер (Австри), генерал Сахиб Синг Сокхей (Инди), миршӗн кӗрешекенсен Австрири совечӗн председателӗ Кок, ҫавӑн пекех тата Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗн Венӑра халӗ кӑна пулса иртнӗ сесси ӗҫне хутшӑннӑ ытти ҫынсем тухаҫҫӗ. Вӗсене митинга пухӑннисем ӑшшӑн кӗтсе илеҫҫӗ.

Митингра Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн председателӗ профессор Фредерик Жолио-Кюри пысӑк сӑмах тухса каланӑ.

Корейӑра перемири тунине, тенӗ Жолио-Кюри, пӗтӗм тӗнчери мир вӑйӗсем аслӑ ҫӗнтерӳ вырӑнне хурса саламлаҫҫӗ. Ҫав паттӑр халӑх асапланнине чарса лартнӑ тата юнлӑ вӑрҫӑна чарса лартнӑ паха ӗҫре халӑхсем тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатма май килевен малтанхи тӗслӗхсене курчӗҫ. Ӗҫсем ҫакӑн пек килсе тухнӑ лару-тӑрура Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ чӗннипе нумай ҫӗршывсенче тӗнчери ыйтусене мирлӗн татса парассишӗн кампани вӑйлавма пуҫларӗ. Ҫак кампание пурте хапӑл туса йышӑнаҫҫӗ, мӗншӗн тесен вӑл паянхи ыйтусене тивӗҫтерет.

Вӑрҫӑпа агрессирен асап тӳснӗ халӑхсем, тенӗ малалла Жолио-Кюри, мир ӗҫне хакла хуракан халӑхсем Германи тепӗр хут хӗҫпӑшалланассине тата Европӑра Германи милитаризмӗ пуҫ пулса тӑрассине хирӗҫ тӑраҫҫӗ. Германипе кӳршӗллӗ ҫӗршывсенчи халӑхсем, ҫавӑн пек ӗҫсем мӗн патне илсе пыма пултарнине хӑйсен опытӗнчен курнӑ халӑхсем, ыйтӑва мирлӗн татса ҫӑмӑллӑ тӑвассишӗн, пӗрлешнӗ Германи, нимӗнле коалицие те хутшӑнман Германи туса хурасшӑн. Хӗвеланӑҫ Германири суйлав результачӗсем тата Аденауэр калани халӑхсене пӑшӑрхантарать, вӗсем сыхӑ пулма, Германи текех вӑрҫӑ вучахӗ ан пултӑр тесе кӗрешӗве вӑйлатма хушаҫҫӗ.

Халӑхсем Корейӑра вӑрҫӑ тепӗр хут пуҫланма парасшӑн мар, Вьетнамри вӑрҫа та калаҫусем ирттернипе чарса лартма пулать. Халӑхсем Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗн Уставне пӑсма мар, ӑна хисеплеме ыйтаҫҫӗ. Китай Халӑх Республикине Пӗрлешнӗ Нацисен Организацине илес пулать, мӗншӗн тесен, ҫӗр чӑмӑрӗ ҫинче пурӑнакан халӑхсен пиллӗкмӗш пайӗ пулса тӑракан ҫӗршыв хутшӑнмасӑр тӗнчери пысӑк ыйтусене татса парасси ҫинчен калаҫни ӗссӗр ялала пулнӑ пулӗччӗ.

Малалла Жолио-Кюри ҫынсене массӑллӑн пӗтермелли хӗҫпӑшалсене чакарасси тата чарса лартасси ҫинчен каланӑ. Халӑхсем кирлӗ пек ҫине тӑрсан, ҫынсене массӑллӑн пӗтермелли хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен килӗшӳ тума пулать. Хӗҫпӑшалсене чакарни хальхи вӑхӑтра халӑхсем тӳсекен йывӑрлӑха ҫӑмӑллатнӑ пулӗччӗ, ҫакӑ вӑл вӗсен пурнӑҫне хӑвӑрт лайӑхлатма май панӑ пулӗччӗ.

Тӗнчене пӑшӑрхантарса тӑракан мӗнпур ыйтусене мирлӗ майпа татса пама пулать, тесе каланӑ юлашкинчен Жолио-Кюри. Ку тӗллӗшпе вӑрҫа хирӗҫ кӗрешекенсем тӗп вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Вӗсен вӑйӗ Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ пуҫарнипе ыйтусене мирлӗн татса парассишӗн ирттерекен кампанире уйрӑмах палӑрмалла. Мире сыхласа хӑварма пулать. Мире сыхласа хӑварӑпӑр!

Митингра ҫавӑн пекех Вальтер Фридрих, Илья Эренбург, Изабелла Блюм, генерал Сахиб Синг Сокхей, Ломбарди, профессор Брандвейнер сӑмах тухса каланӑ. Вӗсем пурте тӗнчери ыйтусене мирлӗн татса парассишӗн тата мире сыхласа хӑварассишӗн, тӗреклетессишӗн пыракан кампание анлӑн сарма чӗннӗ.

# Корейӑпа Китайӑн тыткӑнран таврӑннӑ ҫар ҫыннисем Америка ҫар влаҫӗсен тискер ӗҫӗсене тӑрӑ шыв ҫине кӑлараҫҫӗ

ПЕКИН, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран ҫапла пӗлтерет:

Америка ҫар влаҫӗсем Корейӑпа Китайӑн тыткӑнри ҫар ҫыннисене суйса калаттарас тесе тӗрлӗ майсемпе асаплантарнӑ. Ҫакӑн хыҫҫӑн вӗсене «ҫар преступникӗсем» тесе тытса чарнӑ.

Ҫакӑн ҫинчен Китайӑн тыткӑнран таврӑннӑ 124 салтакӗ каласа панӑ. Вӗсене американецсем «ҫар преступникӗсем» вырӑнне хурса вӑйпа тытса чарнӑ, юлашки вӑхӑтра кӑна хӑйсен тӑван ҫӗршывне таврӑнма ирӗк панӑ. Тыткӑнран таврӑннӑ ҫар ҫыннисем каласа панӑ тӑрӑх, 1950 ҫулхи хӗл кунӗсенчен пуҫласа американецсем ятарласа туса хунӑ бюро Корейӑпа Китайӑн тыткӑнри 1.300 салтакне арестленӗ тата асаплантарнӑ. Вӗсенчен нумайӑшӗ асаплантарнине тӳсеймесӗр вилнӗ.

Тыткӑнран таврӑннӑ Ван Жень-си каланӑ тӑрӑх, ӑна Американ тӑватӑ салтакне вӗлернӗ тесе айӑпласшӑн пулнӑ. Вӑл ҫавна йышӑнман, тата ҫакӑн ҫинчен каланине ҫирӗплетме хӑйӗн пӳрнине пусман. Вара Ван Жень-си салтака хӗртсе хӗвел пӑхнӑ чухне шӗвӗр вӗҫлӗ чулсем ҫине чӗркуҫлентерсе тӑратнӑ тата чукмарсемпе хӗненӗ. Тепӗр ултӑ уйӑхран Америка лейтенанчӗ Ван Жень-си салтака тата унпа пӗрле тыткӑнра пулнӑ ытти 9 ҫынна тахҫан ҫапӑҫу пулса иртнӗ вырӑна илсе кайнӑ. Вӗсене вилнӗ салтаксен ӳчӗсене чавса кӑларма хушнӑ. Ҫапла вӗсем «айӑплӑ пулнине» ҫирӗплетсе кӑтартасшӑн пулнӑ. Икӗ талӑк хушши шыранӑ хыҫҫӑн, Кӑнтӑр Корея салтакӗн ӳтне тупнӑ. Вара Америка лейтенанчӗ тыткӑнри Чжао ятлӑ салтака вилӗпе юнашар тӑма хушнӑ. Чжао айӑплӑ пулнине «ҫирӗплетсе парас шутпа» фотоӳкерчӗк тӑвасшӑн пулнӑ.

Тыткӑнран таврӑннӑ тепӗр салтак Цин Син Го хӑйне Ли Сын Ман агенчӗсем Американ 17 салтакне «вӗлернӗ» тесе калаттарас тӗллевпе хӗнесе асаплантарни ҫинчен каласа панӑ. Вӑл ҫавна йышӑнма килӗшмен. Вара лисынмановецсем «вӗлернӗ» салтаксен шутне 10 таран, унтан 5 таран, унтан 3 таран, юлашкинчен 1 ҫын таран чакарнӑ. Вӑл ҫаплах хӑйне айӑплӑ тесе йышӑнман. Апла пулсан та Ли Сын Ман агенчӗсем унӑн хушаматне «ҫар преступникӗсен» списокне кӗртнӗ.

Китай халӑх добровольцӗсенчен хӑшпӗрисене «ҫар преступникӗсен» списокне американецсем патӗнче вӑрттӑн агентсем пулса ӗҫлеме килӗшменшӗн кӗртнӗ. Вӗсем хӑйсене Кочжедо утравӗ ҫинчи 6 рет пралук карта тытса ҫавӑрнӑ тӗрмесенче усрани ҫинчен тата тискеррӗн хӗнесе асаплантарни ҫинчен каласа панӑ.

## КОРЕЙӐРА ПЕРЕМИРИ ӖҪӖСЕНЕ СӐНАСА ТӐРАКАН КОМИССИ ЧЛЕНӖ ҪИНЕ АМЕРИКА САЛТАКӖ ТАПАННӐ

НЬЮ-ЙОРК, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчӗ Сеултан пӗлтернӗ тӑрӑх, перемири пурнӑҫланнине сӑнаса тӑма нейтральнӑй ҫӗршывсен представителӗсенчен уйӑрнӑ комиссири Швеци ҫыннине хӗненӗшӗн Америка салтакне айӑплаҫҫӗ. Салтака суда параҫҫӗ.

## МАРОККО СУЛТАННЕ ТАПӐННИ

ПАРИЖ, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, паян Рабатра Марокӑн ҫӗнӗ султанӗ Сиди Мохаммед Кулан Бен Араф ҫине тапӑннӑ. Султана тапӑнакан ҫын автомобиль ҫинче пулнӑ. Вӑл юланутпа пыракан султан тата унӑн ушкӑнӗнчи ҫынсем хушшине пысӑк хӑвӑртлӑхпа пырса кӗнӗ. Анчах автомобиль султан лашине кӑна ӳкерме пултарнӑ. Султан сывах юлнӑ. Кун хыҫҫӑн вӑл султан ҫине ҫӗҫӗпе тапӑннӑ, анчах ӑна хурал ҫавӑнтах тытса вӗлернӗ.

## ЕГИПЕТ ҪАР МИССИЙӖ США-на КАЯТЬ

КАИР, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). «Аль-Ахбар» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Египет ҫар миссийӗ сентябрӗн 12-мӗшӗнче США-на тухса каять. Миссире 55 офицер пулать.

Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, хальхи вӑхӑтра ҫар миссийӗсем Югославире тата Турцире ӗҫлесе тӑраҫҫӗ.

## ФРАНЦИ КОЛОНИЗАТОРӖСЕМ ВЬЕТНАМ ХАЛӐХНЕ ХИРӖҪ ПЫРАКАН ВӐРҪА ВӐЙЛАТМА ХАТӖРЛЕНЕҪҪӖ

ЛОНДОН, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Сайгонран пӗлтернӗ тӑрӑх, Вьетнам республикине хирӗҫ ҫӗнӗ наступлени пуҫласа яма Вьетнама Франци ҫарӗсем пырса ҫитессе кӗтеҫҫӗ. Корреспондент пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫак операци сентябрь уйӑхӗ вӗҫӗнче, Индо-Китайӑн ҫурҫӗр пайӗнче ҫумӑрсем чарӑннӑ хыҫҫӑн, пуҫланмалла.

Ҫитес сывӑх вӑхӑтра, тесе пӗлтерет корреспондент, Вьетнама Францирен тата темиҫе батальон килсе ҫитмелле.

## ОРАН ХУЛИНЧИ ДОКЕРСЕМ ВЬЕТНАМРИ ВӐРҪА ХИРӖҪ КӖРЕШЕҪҪӖ

ПАРИЖ, сентябрӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). «Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Оран хулинчи (Алжир) докерсем Вьетнамра вӑрҫӑ вӑрҫма ҫар материалӗсем ӑрассине хирӗҫ кӗрешеҫҫӗ. Вӗсем Вьетнама тухса каякан пӑрахут ҫине ҫар снаряженийӗ тиеме килӗшмен.

## АТЛАНТИКА БЛОКНЕ КӖРЕКЕН ҪӖРШЫВСЕМ ВӐРҪА ХАТӖРЛЕННИ

ОСЛО, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Атлантика блокӗн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен штабӗ Европӑн ҫурҫӗр пайӗнче ирттерме хатӗрленекен «Хвис ап» текен маневра США, Англи, Дани, Норвеги ҫӗршывӗсен 400 самолечӗ тата 10 пин таран салтак хутшӑнать. Ҫак маневра пирвайхи хут Норвегипе Дани ҫӗршывӗсен граждански оборона текен чаҫӗсем хутшӑнаҫҫӗ.

ОТТАВА, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Канадиен Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Ҫурҫӗр Атлантика блокӗн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен сентябрӗн 16-мӗшӗнче пуҫланакан маневрне Канадӑн Галифаксра тӑракан 5 ҫар карапӗ тата Канада авиацийӗн виҫӗ эскадрильи хутшӑнать.

## США БРАЗИЛИН ШАЛТИ ӖҪӖСЕНЕ ХУТШӐНАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, сентябрӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчӗ Сант-Ягоран пӗлтернӗ тӑрӑх, Чилире тухса тӑракан «Эль Сигло» тата «Эль Импарсиаль» хаҫатсем сентябрӗн 10-мӗшӗнче Пӗрлешӳллӗ Штатсем дипломатии енӗпе хӗтӗннипе Бразили правительстви Польшӑна Чехословакине 70 пин тонна тимӗр сутма чӑрмантарни ҫинчен пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ.

Ҫак хаҫатсем каланӑ тӑрӑх, США государство департаменчӗ Бразили правительствине Хӗвелтухӑҫ Европӑри ҫӗршывсене тимӗр сутас пулсан, Бразилине США хушшинче валюта тата таварсем улӑштарса илме панӑ лицензисене пӑрахӑҫа кӑларасси ҫинчен асӑрхаттарнӑ. Ҫавна пула, тесе ҫыраҫҫӗ хаҫатсем, Хӗвелтухӑҫ Европӑри ҫӗршывсене тимӗр сутма чарӑннӑ.

## ХӖВЕЛАНАҪӖНЧИ ДЕРЖАВАСЕН ХӖВЕЛАНАҪ ГЕРМАНИРИ ОККУПАЦИ ҪАРӖСЕН МАНЕВРӖ

БЕРЛИН, сентябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). АДН агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, паян Гессенра хӗвеланӑҫӗнчи державӑсен оккупаци ҫарӗсен пысӑк маневрӗ пуҫланнӑ. Маневра 175 пин салтак хутшӑнать. Маневр мӗнле пынине Ҫурҫӗр Атлантика блокне кӗрекен мӗнпур ҫӗршывсен офицерӗсем сӑнаса тӑраҫҫӗ.

## „Ҫӗнӗ Гитлера тытса чармалла!"

«Дейли уоркер» статьи

ЛОНДОН, сентябрӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Паян «Дейли уоркер» хаҫат редакци ҫырнӑ «Ҫӗнӗ Гитлер куҫ умӗнче» ятлӑ статьяра ҫапла ҫырать:

«Аденауэр Гитлер пек калаҫать, вӑл Гитлер пек ӗҫлет. Вӑл вӑрҫа Гитлер хатӗрленнӗ пек хатӗрленет...

Англи халӑхӗн халӗ иртнӗ вӑрҫӑра вилнисем тата аманнисем ҫинчен асра тытса кӗрешмелле... Нацистсене каллех иртӗнме памалла мар.

Пуҫӗсене хунӑ хамӑрӑн ҫынсене асра тытӑр!

Германи милитаризмне тепӗр хут вӑй илме ан парӑр!

Ҫӗнӗ Гитлера тытса чарӑр!».

## ФРАНЦИРЕ ДЕМОКРАТИЛЛӖ ВӐЙСЕНЕ ХӖСӖРЛЕНИНЕ ХИРӖҪ

ПАРИЖ, сентябрӗн 8-мӗшӗ. (ТАСС). «Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, адвокатсен пӗр ушкӑнӗ Париж сучӗн следстви палатине Пӗтӗм Францири ӗҫлев конфедерацийӗн генеральнӑй секретарьне Бенуа Фрашона, Пӗтӗм Францири ӗҫлев конфедерацийӗн администраци комиссийӗн членне Марсель Дюфриша, Францири Коммунистсен партийӗн Сена департаментӗнчи федерацийӗн секретарьне Андрэ Сувьера, ҫавӑн пекех Францири ҫамрӑксен союзӗн активисчӗсене Жак Денис, Робер Желлие, Робер Жербера, Жан Мерона, Жан Мессера арестлеме панӑ ордерсене пӑрахӑҫа кӑларасси ҫинчен ыйту тӑратнӑ.

Демократиллӗ деятельсене хӗсӗрленине чарса лартассишӗн тата конституциллӗ ирӗклӗхсене хӳтӗлессишӗн кӗрешекен наци комитечӗ департаментсенчи хӑйӗн мӗнпур уйрӑмӗсене, асӑннӑ деятельсене арестлеме панӑ ордерсене пӑрахӑҫа кӑларма ыйтса, следстви палатине сентябрӗн 15-мӗшӗччен требованисем ярса пама чӗнсе каланӑ.

## АРАБ ҪӖРШЫВӖСЕН ЛИГИН СОВЕЧӖ ПӖЛТЕРНИ

КАИР, сентябрӗн 8-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсенче араб ҫӗршывӗсен Лигин совечӗ пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Унта ҫапла каланӑ: Лигӑн политикӑлла комитечӗ Франци империализмӗ Мароккӑра тата Тунисра агрессиллӗ ӗҫсем туни ҫинчен тӑракан ыйту тӑрӑх йышӑннӑ решенисене совет ырланӑ.

Пӗлтерӳре ҫапла каланӑ: араб ҫӗршывӗсен Лигине кӗрекен государствӑсем Франци влаҫӗсем Марокко султанне вырӑнтан кӑларнине хирӗҫ татӑклӑн протестлеҫҫӗ, вӗсем «Франци влаҫӗсен Мароккӑри законсӑр ӗҫӗсене ниепле майпа та йышӑнас ҫукки ҫинчен пӗлтереҫҫӗ».

«Лига совечӗ ҫакна шанса тӑрать, тенӗ пӗлтерӳре, Генеральнӑй Ассамблея хӑйӗн ҫитес сессийӗнче Мароккӑпа Тунисӑн законлӑ ыйтӑвӗсене Франци енчен пурнӑҫлама хӗтӗртӗ. Араб ҫӗршывӗсен общественноҫӗ ыйтнӑ пек специальнӑй мерӑсем йышӑнмалла ан пултӑр».

# СССР Халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли иккӗмӗш государственнӑй заем 12-мӗш вылявра выигрышсем тухнине кӑтартакан СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 ҫулхи сентябрӗн 6-мӗшӗнче Симферополь хулинче пулнӑ.

Таблицӑра 100 тенкӗлӗх облигацисен ҫине выигрышсем тухнине кӑтартнӑ. Выигрыш суммине выляса илнӗ облигаци хакӗ те кӗрет.

Заемӗн мӗнпур разрядӗсенчи ҫак серисемпе облигацисен номерӗсем ҫине выигрыш тухнӑ:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миҫе тенкӗ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миҫе тенкӗ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миҫе тенкӗ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миҫе тенкӗ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 020178 | 1—50 | 200 | 024723 | 1—50 | 200 | 030224 | 17*) | 1.000 | 036139 | 1—50 | 200 |
| 020317 | 26*) | 1.000 | 024747 | 47*) | 1.000 | 030345 | 01*) | 1.000 | 036185 | 22*) | 1.000 |
| 020408 | 1—50 | 200 | 024771 | 07*) | 1.000 | 030403 | 1—50 | 200 | 036224 | 12*) | 1.000 |
| 020415 | 42*) | 1.000 | 024970 | 1—50 | 200 | 030437 | 19*) | 1.000 | 036332 | 1—50 | 500 |
| 020461 | 15*) | 1.000 | 025034 | 49*) | 1.000 | 030495 | 01*) | 1.000 | 036384 | 49*) | 1.000 |
| 020588 | 18*) | 10.000 | 025305 | 1—50 | 200 | 030542 | 13*) | 1.000 | 036406 | 1—50 | 500 |
| 021072 | 30*) | 1.000 | 025377 | 13*) | 10.000 | 030789 | 26—50 | 200 | 036443 | 12*) | 1.000 |
| 021222 | 1—50 | 500 | 025432 | 14*) | 1.000 | 030941 | 1—50 | 500 | 036623 | 1—50 | 200 |
| 021256 | 50*) | 25.000 | 025660 | 38*) | 1.000 | 031005 | 15*) | 5.000 | 036682 | 26*) | 1.000 |
| 021295 | 41*) | 1.000 | 025792 | 17*) | 1.000 | 031050 | 05*) | 1.000 | 036688 | 22*) | 5.000 |
| 021533 | 50*) | 1.000 | 025919 | 1—50 | 500 | 031077 | 02*) | 1.000 | 036729 | 24*) | 1.000 |
| 021550 | 16*) | 1.000 | 026339 | 35*) | 1.000 | 031172 | 21*) | 1.000 | 037072 | 38*) | 1.000 |
| 021739 | 1—50 | 200 | 026362 | 30*) | 1.000 | 031173 | 08*) | 5.000 | 037133 | 1—50 | 200 |
| 021870 | 16*) | 1.000 | 026628 | 16*) | 1.000 | 031204 | 37*) | 1.000 | 037172 | 1—50 | 200 |
| 022050 | 44*) | 1.000 | 026721 | 01*) | 1.000 | 031538 | 14*) | 1.000 | 037179 | 42*) | 1.000 |
| 022124 | 37*) | 1.000 | 026756 | 1—50 | 500 | 031684 | 06*) | 1.000 | 037414 | 40*) | 1.000 |
| 022254 | 37*) | 1.000 | 026811 | 50*) | 5.000 | 031987 | 10*) | 1.000 | 037483 | 15*) | 10.000 |
| 022307 | 25*) | 1.000 | 026963 | 1—50 | 200 | 032055 | 24*) | 50.000 | 037561 | 1—50 | 500 |
| 022361 | 25*) | 1.000 | 027064 | 07*) | 1.000 | 032287 | 1—50 | 200 | 037833 | 18*) | 5.000 |
| 022446 | 1—50 | 200 | 027159 | 06*) | 1.000 | 032355 | 1—50 | 500 | 037889 | 30*) | 1.000 |
| 022466 | 1—50 | 200 | 027453 | 36*) | 1.000 | 032691 | 1—50 | 200 | 037916 | 10*) | 10.000 |
| 022641 | 03*) | 1.000 | 027875 | 32*) | 1.000 | 032702 | 44*) | 1.000 | 037938 | 30*) | 1.000 |
| 022678 | 1—50 | 200 | 027969 | 37*) | 1.000 | 032793 | 20*) | 1.000 | 037987 | 07*) | 1.000 |
| 022825 | 1—50 | 200 | 028139 | 1—50 | 500 | 033100 | 1—50 | 200 | 038274 | 36*) | 5.000 |
| 022890 | 06*) | 1.000 | 028379 | 1—50 | 200 | 033376 | 44*) | 5.000 | 038455 | 16*) | 1.000 |
| 022923 | 04*) | 1.000 | 028390 | 1—50 | 500 | 033377 | 16*) | 1.000 | 038854 | 1—50 | 500 |
| 023168 | 10*) | 1.000 | 028601 | 36*) | 1.000 | 033433 | 49*) | 1.000 | 038885 | 20*) | 1.000 |
| 023360 | 1—50 | 200 | 028646 | 1—50 | 500 | 033491 | 1—50 | 500 | 038896 | 46*) | 1.000 |
| 023371 | 45*) | 1.000 | 028688 | 41*) | 1.000 | 033696 | 43*) | 1.000 | 038907 | 38*) | 1.000 |
| 023486 | 1—50 | 200 | 028816 | 05*) | 1.000 | 034313 | 05*) | 1.000 | 039045 | 24*) | 1.000 |
| 023742 | 09*) | 1.000 | 028872 | 20*) | 1.000 | 034773 | 28*) | 25.000 | 039099 | 1—50 | 500 |
| 023937 | 1—50 | 500 | 029286 | 04*) | 1.000 | 035106 | 1—50 | 500 | 039197 | 06*) | 1.000 |
| 023942 | 39*) | 1.000 | 029373 | 1—50 | 500 | 035191 | 38*) | 1.000 | 039206 | 10*) | 1.000 |
| 023968 | 1—50 | 500 | 029534 | 1—50 | 200 | 035303 | 41*) | 1.000 | 039258 | 02*) | 5.000 |
| 024033 | 1—50 | 200 | 029627 | 48*) | 1.000 | 035370 | 1—50 | 200 | 039671 | 35*) | 1.000 |
| 024053 | 09*) | 10.000 | 029722 | 21*) | 5.000 | 035437 | 50*) | 1.000 | 039768 | 41*) | 1.000 |
| 024078 | 1—50 | 200 | 029861 | 1—50 | 500 | 035537 | 05*) | 1.000 | 039794 | 04*) | 1.000 |
| 024081 | 13*) | 1.000 | 029949 | 45*) | 1.000 | 035577 | 23*) | 1.000 | 030816 | 1—50 | 200 |
| 024266 | 18*) | 1.000 | 029982 | 35*) | 1.000 | 035663 | 07*) | 1.000 | 039830 | 13*) | 1.000 |
| 024424 | 42*) | 1.000 | 030064 | 42*) | 1.000 | 035829 | 41*) | 1.000 | 039841 | 1—50 | 500 |
| 024630 | 01*) | 1.000 | 030091 | 14*) | 1.000 | 036039 | 41*) | 5.000 | 039864 | 34*) | 1.000 |
| 024657 | 16*) | 1.000 | 030100 | 1—50 | 200 | 036070 | 1—50 | 200 | 039922 | 08*) | 1.000 |

* Ҫак серие кӗрекен облигацисен ытти 49 номерӗ 200-шер тенкӗ выляса илнӗ.

ЧӐВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧӖН УПРАВЛЕНИЙӖ.

## КИНО

«РОДИНА»—сентябрӗн 13-мӗшӗпе 14-мӗшӗнче кӑнтӑрлахи сеанссенче киносборник №36—«Каштанка», «Пионерское лето», каҫхи сеанссенче — «Пармская обитель». Сеанссем 10 сехетре (вырсарникун), 12, 14, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуҫланаҫҫӗ.





РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, [illegible] парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 09347. Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.